ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар кула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул
Май
22
ЭРНЕКУН
№ 99 (9008)
36-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



## Выльăх-чĕрлĕх валли çурт-йĕр тăвас ĕçе вăйлатмалла

Иртнĕ çулта пирĕн республикăри колхозсем обществăлла выльăх-чĕрлĕх валли çурт-йĕр тăвас ĕçе начар пурнăçласа пычĕç. Çуртсем лартмалли çулталăкри плана Чурачăк, Шупашкар, Куславкка тата Ишлей районĕсем кăна ăнăçлă тултарчĕç. Кивĕ витесене юсас ĕç те кая юлса пычĕ. Çавна май выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарас ĕçре пысăк йывăрлăхсем пулчĕç.

Кăçал та выльăх-чĕрлĕх витисем çĕнĕрен лартас тата киввисене юсас ĕç юлса пырать. Иртнĕ çулсенчи пекех нумай районсенче çак ответлă ĕçе кая хăварма пăхаççĕ. Чылай колхозсенче строительство бригадисене салатса янă, çурт-йĕр тăвас ĕçе чарса лартса, унта ĕçленĕ колхозниксене хуçалăхри ытти ĕçсене куçарнă. Çавна пула çурт-йĕр тумалли план тулса пымасть, витесемпе фермăсенчи ытти çурт-йĕре юсаса хĕле хатĕрлесси юлса пырать.

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС обкомĕн бюровĕ колхозсенчи выльăх-чĕрлĕх валли çуртсем лартас ĕçе çулталăк тăршшĕпех анлăн туса пыма хушаççĕ тата ку ĕçе ертсе пырассине лайăхлатма кирли çинчен парти райкомĕсемпе райисполкомсене пĕрмаях асăрхаттарса тăраççĕ. Çапла пулсан та, уйрăм районсенчи руководительсем ĕç начар пынипе килĕшсе пурăнаççĕ, вĕсем выльăх-чĕрлĕх валли çурт-йĕр тумалли çулталăкри плана тултарас ĕçе организацилессинчен аякра тăраççĕ.

Çурт-йĕр тумалли çулталăкри плана республикипе илсен халĕ пурĕ те: выльăх витисем тăвас енĕпе 1,5 процент, кайăк-кĕшĕк витисем тăвас енĕпе 0,6 процент, чăх-чĕп витисем тăвас енĕпе 3 процент кăна тултарнă. Пăрачкав, Хĕрлĕ Чутай, Красноармейски, Элĕк, Вăрмар тата ытти хăшпĕр районсенче выльăх-чĕрлĕх витисем тăвас, киввисене юсас ĕçсене тивĕçлипе организацилемен. Ку районсенчи партипе совет организацийĕсен руководителĕсем строительство ĕçĕсемпе кирлĕ пек интересленмесĕр пысăк йăнăш тăваççĕ.

Чăваш АССР Ялхуçалăх министерстви те строительство бригадисене салатса янипе килĕшсе пурăнать. Строительство бригадисене нимĕн тăхтаса тăмасăр çĕнĕрен пухмалла. Начар ĕçлекен бригадăсене ĕçе лайăх пĕлекен колхозниксемпе çирĕплетмелле. Çурт-йĕр строительствинче ĕçлекен бригадăсене туртăм вăйĕ тата транспорт инвентарĕ уйăрса памалла. Строительство бригадисен ĕçне халĕ уйрăмах вăйлатса пыма кирлине шута илсе, унта ĕçлекен колхозниксене хуçалăхри ытти ĕçсенчен йăлтах хăтармалла. Колхоз правленийĕсемпе пуçламăш парторганизацисем колхозсен производствăлла планĕпе палăртнă строительство ĕçĕсене тĕплĕн тата вăхăтра пурнăçлассишĕн ответлă пулмалла, бригадăн ĕçне куллен çирĕп ертсе пымалла.

Чылай колхозсем выльăх-чĕрлĕх витисем тума государство уйăрса панă йывăçа пĕтĕмпех касса турттарса тухаймарĕç. Хăшпĕр колхозсем строительство валли йывăç питĕ сахал хатĕрленĕ. Çавăнпа та строительство материалĕсене тирпейлĕ расходлас пулать. Выльăх-чĕрлĕх тата кайăк-кĕшĕк витисем тума касса хатĕрленĕ йывăçа ытти строительство валли пачах расходламалла мар.

Пирĕн республикăри чылай колхозсем вырăнти материалсемпе анлăн усă курас тĕлĕшпе иртнĕ çулта паха опыт пухрĕç. Чылай колхозсем саман кирпĕчрен лайăх витесем туса лартрĕç, шлакпа, чулпа, йывăç çаппипе те анлăн усă курма пуçларĕç. Малта пыракан колхозсен опытне шута илсе, колхоз правленийĕсен кăçал та витесем тунă çĕрте вырăнти стройматериалсемпе анлăн усă курма тăрăшас пулать. Строительство планне тултарма известь, шлак, хăйăр, тăм, чул кирлĕ таранах турттарса хатĕрлемелле.

Кашни районтах пĕр-пĕр колхозра саман кирпĕч тăвакан тата известь хĕртсе хатĕрлекен опытлă производство организацилемелле. Райисполкомсемпе Ялхуçалăх министерствин строительствăри малта пыракан опыта, вырăнти материалсемпе анлăн усă куракан колхозсен паха опытне ытти колхозсене анлăн сарма тăрăшас пулать. Ку тĕлĕшпе выльăх-чĕрлĕх витисем тăвас ĕçре районта малта пыракан пĕр-пĕр колхозра ял Совечĕсемпе колхозсен председателĕсене, пуçламăш парторганизаци секретарĕсене тата строительство бригадисен бригадирĕсене пухса, семинар ирттермелле. Çав семинарсенче колхоз кадрĕсене строительствăра вырăнти материалсемпе ăнăçлă усă курас ĕçри паха тĕслĕхсемпе тĕплĕн паллаштармалла.

Обществăлла выльăх-чĕрлĕх валли çурт-йĕрсем тумалли плана вăхăтра тултарнипе пĕрлех, строительство пахалăхĕшĕн те тăрăшмалла. Витесене ĕлĕкхи пек мĕнле май килнĕ, çавăн пек тума пăрахмалла. Пур çурт-йĕрсене те типовăй проектсем тăрăх туса лартмалла. Вĕсенче çутă, типĕ, ăшă çителĕклĕ пултăр; тислĕкпе унăн шĕвекне пухмалли шăтăксене обязательнăй йĕркепе тумалла. Фермăсенче пуринче те выльăх апачĕ хатĕрлемелли кухнясем туса лартмалла, йывăр ĕçсене, уйрăмах шыв парса тăрассине, механизацилемелле. Çавăн пек тума колхозсен вăй çителĕклĕ.

Иртнĕ çулсенче нумай колхозсем кайăк-кĕшĕк тата çамрăк выльăхсем валли витесем тăвас тĕлĕшпе ытла та юлса пычĕç. Кăçал çав çитменлĕхсене шута илес пулать. Çамрăк выльăхсем усрама кăçал пур колхозсенче те витесем çителĕклĕ тумалла, чăх-чĕппе ытти кайăк-кĕшĕк валли витесем лартас ĕç çине уйрăмах тимлĕн пăхмалла.

Пирĕн республикăри колхозниксемпе колхозницăсем тата ялхуçалăхĕнчи ытти работниксем, Марипе Мордва республикисемпе социализмла ăмăртăва хутшăнса, выльăх-чĕрлĕхпе кайăк-кĕшĕк валли çĕнĕ витесем тумалли тата кивĕ витесене юсамалли çулталăкри плана октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне тултарма обязательство йышăнчĕç. Çак обязательствăна чыслăн пурнăçлас тесен, кашни колхозрах строительство ĕçĕсене лайăх йĕркелесе, хăвăрт туса пырас пулать. Партипе совет органĕсен строительство планне вăхăтра тултарассишĕн колхозсем хушшинче социализмла ăмăрту организацилемелле Колхозсемпе районсен строительство енĕпе панă задание кашни кварталта пурнăçласа пымалла, строительствăри пур ĕçе те пахалăх тĕлĕшĕнчен лайăх тумалла. Строительство материалĕсем çителĕклĕ пулччăр тесе, вырăнти ресурссемпе анлăн усă курма тăрăшмалла. Августăн 1-мĕшĕ тĕлне кивĕ витесене пурне те юсаса пĕтерсе, хĕл валли хатĕрлесе çитермелле.

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС обкомĕ йышăннă тăрăх, колхозсенче выльăх-чĕрлĕх валли çурт-йĕрсем тумалли плана тултарассишĕн кĕрешсе мала тухнă районсене Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС обкомĕн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне памалла тунă. Строительство планне срокчен тултарнă, кивĕ витесене вăхăтра юсанă тата силос башнисене тумалли плана тултарнă колхозсене республикăри Хисеп хăми çине кĕртеççĕ, çав колхозсен председателĕсене, колхозри пуçламăш парторганизаци секретарĕсене, строительство бригадисен бригадирĕсене тата чи лайăх строительсене, колхозсенче строительство планне тултарас ĕçре хăйсене палăртнă районти ялхуçалăх пайĕн работникĕсене Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС обкомĕн Хисеплĕ грамотине парса наградăлаççĕ. Ăмăрту итогĕсене парти райкомĕсемпе райсовет исполкомĕсен кашни кварталтах пăхса тухмалла, ĕç мĕнле пыни çинчен строительство бригадисенче сÿтсе явмалла.

Обществăлла выльăх-чĕрлĕх валли çурт-йĕрсем тăвасси пысăк пĕлтерĕшлĕ ĕç пулса тăрать. Парти организацийĕсен, советпа ялхуçалăх органĕсен çак ĕçе куллен ертсе пымалла. строительство планне тултарма колхозниксен пĕтĕм хастарлăхне мобилизацилемелле.

## ТЕХНИКĂЛЛА КУЛЬТУРĂСЕМ АКМАЛЛИ ПЛАНА ПĔТĔМПЕХ ТУЛТАРАР!

* * *

### Çуртри акса пĕтернĕ районсем

ПАТĂРЪЕЛ, майăн 20-мĕшĕ. (Телеграфпа). Районти колхозсем тĕштырăсемпе пăрçа йышши культурăсем, тымарçимĕçсем, силос культурисем тата нумай çул ÿсекен курăксем акмалли государство планне майăн 17-мĕшĕнче тултарчĕç. Тулă акмалли плана 113 процент, тымарçимĕç акмалли плана 113,5 процент, силос тумалли культурăсем акмалли плана 126 процент, нумай çул ÿсекен курăксем акмалли плана 106,6 процент тултарнă. Халĕ çĕрулми лартаççĕ, каярах акакан культурăсене акса пĕтереççĕ.

КПСС ЧКАЛОВСКИ РАЙКОМĔН СЕКРЕТАРĔ П. ТИМОФЕЕВ.
РАЙИСПОЛКОМ ПРЕДСЕДАТЕЛĔ К. ЮЛДАШЕВ.
РАЙОНТИ ЯЛХУÇАЛĂХ ПАЙĔН ЗАВЕДУЮЩИЙĔ М. АЛЕКСЕЕВА.

* * *

КАНАШ, майăн 21-мĕшĕ. (Телеграфпа). Районти колхозсем тĕштырăсемпе пăрçа йышши культурăсем, нумай çул ÿсекен курăксем, силос культурисем тата тымарçимĕçсем акмалли государство планне майăн 20-мĕшĕнче тултарчĕç. Тулă акмалли плана 111 процент, пăрçа йышши культурăсем акмалли плана 108 процент, нумай çул ÿсекен курăксем акмалли плана 109 процент, силос тумалли культурăсем акмалли плана 100,5 процент, тымарçимĕçсем акмалли плана 100 процент тултарнă. Колхозсем пурте çĕрулми лартаççĕ. Тракторсемпе çĕртме сухи тума тытăннă.

КПСС РАЙКОМĔН СЕКРЕТАРĔ А. СОКОЛОВ.
РАЙИСПОЛКОМ ПРЕДСЕДАТЕЛĔ К. СОЛОВЬЕВ.
РАЙОНТИ ЯЛХУÇАЛĂХ ПАЙĔН ЗАВЕДУЮЩИЙĔ В. ЕФИМОВ.

* * *

КУВАКИНО. (Телеграфпа). Районти колхозсем тĕштырăсем, нумай çул тата пĕр çул ÿсекен курăксем акмалли государство планне майăн 19-мĕшĕнче тултарчĕç. Тулă акмалли плана 105 процент тултарнă.

КПСС РАЙКОМĔН СЕКРЕТАРĔ И. ДУБОВ.
РАЙИСПОЛКОМ ПРЕДСЕДАТЕЛĔ С. ЛЕОНОВ
РАЙОНТИ ЯЛХУÇАЛĂХ ПАЙĔН ЗАВЕДУЮЩИЙĔ Л. ПРОЗОРОВ.

* * *

КУКЕÇ, майăн 21-мĕшĕ. (Телеграфпа). Шупашкар районĕнчи колхозсем тĕштырăсемпе пăрçа йышши культурăсем, силос культурисем тата пĕр çул ÿсекен курăксем акмалли государство планне майăн 20-мĕшĕнче тултарчĕç. Тулă акмалли плана 103 процент, пăрçа йышши культурăсем акмалли плана 102,5 процент, силос тумалли культурăсем акмалли плана 104 процент, пĕр çул ÿсекен курăксем акмалли плана 101,2 процент тултарнă. Колхозсем 1.200 гектар ытларах çĕрулми лартнă. Тракторсемпе çĕртме сухи тума тытăннă.

КПСС РАЙКОМĔН СЕКРЕТАРĔ М. ЗАЙЦЕВ.
РАЙИСПОЛКОМ ПРЕДСЕДАТЕЛĔ А. СЕМЕНОВ.
РАЙОНТИ ЯЛХУÇАЛĂХ ПАЙĔН ЗАВЕДУЮЩИЙĔ Н. ЕФРЕМОВ.
МТС ДИРЕКТОРĔ П. СМИРНОВ.

### Техникăлла культурăсене хакламанни ан пултăр

Йĕпреç районĕ йĕтĕн тата кантăр ытларах акса тăвакан районсенчен пĕри. Районти 21 колхозран 19 колхоз йĕтĕн акаççĕ, 12 колхоз кантăр та, йĕтĕн те акса тăваççĕ. Анчах та кăçал çак паха культурăсене акас ĕç районта питĕ кая юлчĕ. Майăн 18-мĕшĕ тĕлне район йĕтĕн акмалли плана пурĕ те 44,3 процент кăна тултарнă, кантăр 56 процент чухлĕ çеç акнă.

Йĕтĕн акмалли лайăх вăхăт тахçанах иртсе кайнă. Ăна ир акакан пĕрчĕллĕ культурăсемпе пĕр вăхăтрах акса хăвармалла пулнă. Йĕтĕне çак срокра районта пурĕ те икĕ колхоз—«10 лет Октября» тата Мичурин ячĕпе тăракан колхозсем кăна акнă. Ытти колхозсем йĕтĕн акма тытăнманпа пĕрех. «Правда» колхозăн ăна 20 гектар çине акса хăвармалла пулсан, халĕ пĕр гектар та акман-ха. «Красный урожай» колхоз пурĕ те пĕр гектар, Молотов ячĕпе тăракан колхоз—4 гектар çеç акнă.

Кантăр акасси те çавăн пекех юлса пырать. Ăна акса тăвакан 12 колхозран 4-шĕнче çак культурăна акас тĕлĕшпе нимĕн те туман-ха.

Колхоз правленийĕсем техникăлла культурăсем акмалли плана пĕр пăркаланса тăмасăр пурнăçлама тивĕçлĕ.

Н. ПАВЛОВ.

* * *

### Кантăр акассине хăвăртлатмалла

Кăçал Канаш районĕнчи колхозсен пĕлтĕрхинчен темиçе хут ытларах кантăр акса хăвармалла. Хĕллехи вăхăтра колхозсем кирлĕ таран кантăр вăрри хатĕрлесе хумарĕç. Сăмахран, Доронин ячĕпе тăракан колхозăн 13 центнер, Крупская ячĕпе тăракан колхозăн 16 центнер вăрлăх çитмест. Вăрлăх çитменнипе чылай колхозсем хăйсене панă плана пурнăçлаймаççĕ. Колхозсем пĕр-пĕринчен вăрлăх улăштарса илни ку йывăрлăха чылаях çăмăллатма пулăшнă пулĕччĕ. Апла пулсан та, ялхуçалăх пайĕ колхозсене кантăр вăррине ытти культурăсемпе улăштарса илме пулăшмасть.

Кантăр лайăх çемçетнĕ тата нÿрлĕ тăпрана юратать. Юлашки вăхăтра, çанталăк ăшăтнă май, тăпра хăвăрт типме пуçларĕ. Тăпрари ăшă та 10 градусран кая мар. Çапла вара, пур енчен пăхсан та, кантăр акма вăхăт. Апла пулсан та нумай колхозсем кантăр акма тăхтаса тăраççĕ.

Кантăр тухăçне ÿстерес ĕçре колхозсене МТС пысăк пулăшу памалла. МТС енчен тивĕçлĕ пулăшу пани сисĕнмест-ха. Шверник ячĕпе тăракан колхозра ĕçленĕ тракторсем вăрман хĕррине кĕрсе ларнă та, виçĕ кун хушши ĕнтĕ унтан тухса кантăр акмалли вырăна сухалама тытăнаймасăр тăраççĕ. «Красное пламя» колхозра та трактористсем кантăр акма тытăнма чарса тăраççĕ.

«Коммунизм ялавĕ» бригади:
А. АНДРЕЕВ,
С. СТЕПАНОВ,
П. ЩИПЦОВ.

### Чăваш АССР-ĕнчи колхозсенче çураки мĕнле пынине кăтартакан

### СВОДКА

1953 çулхи майăн 20-мĕшĕ тĕлне (процентпа)

| РАЙОНСЕМ | Çуртри акнă | Пĕрчĕллĕ тата пăрçа йышши культурăсем | Тулă | Йĕтĕн | Кантăр | Çĕрулми | Тымарçимĕçсем | Силос культурисем | Нумай çул ÿсекен курăксем | Пахча çимĕç лартнă |
|---|---|---|---|---|---|---|---|---|---|---|
| Красноармейски | 94 | 100 | 102 | — | 78 | 67 | 80 | 96 | 106 | 26 |
| Чкаловски | 94 | 96 | 115 | — | 74 | 60 | 113 | 128 | 107 | 43 |
| Шăхасан | 94 | 100 | 105 | — | 69 | 58 | 103 | 100 | 119 | 25 |
| Комсомольски | 93 | 96 | 104 | — | 68 | 78 | 105 | 111 | 108 | 48 |
| Советски | 93 | 102 | 109 | — | 53 | 73 | 83 | 102 | 100 | 23 |
| Елчĕк | 92 | 94 | 104 | — | 85 | 71 | 94 | 100 | 109 | 48 |
| Шупашкар | 90 | 95 | 103 | — | 54 | 74 | 88 | 104 | 84 | 26 |
| Элĕк | 90 | 98 | 106 | — | 55 | 58 | 77 | 95 | 100 | 22 |
| Муркаш | 90 | 99 | 100 | — | 39 | 61 | 68 | 101 | 101 | 18 |
| Калинино | 89 | 97 | 105 | — | 60 | 66 | 81 | 100 | 123 | 40 |
| Чурачăк | 88 | 95 | 106 | — | 37 | 51 | 91 | 97 | 112 | 28 |
| Вăрмар | 87 | 96 | 103 | — | 25 | 25 | 94 | 121 | 110 | 21 |
| Канаш | 86 | 96 | 101 | — | 20 | 25 | 100 | 101 | 109 | 27 |
| Шăмăршă | 86 | 93 | 103 | — | 47 | 31 | 62 | 73 | 84 | 16 |
| Куславкка | 85 | 98 | 110 | — | 21 | 33 | 68 | 100 | 111 | 8 |
| Сĕнтĕр | 85 | 99 | 111 | — | 40 | 49 | 72 | 98 | 116 | 8 |
| Первомайски | 85 | 93 | 108 | 66 | 57 | 54 | 75 | 76 | 103 | 32 |
| Çĕрпÿ | 84 | 92 | 104 | — | 26 | 50 | 87 | 101 | 112 | 10 |
| Вăрнар | 83 | 93 | 102 | 31 | 64 | 45 | 94 | 98 | 126 | 22 |
| Йĕпреç | 83 | 98 | 102 | 46 | 56 | 37 | 86 | 87 | 109 | 29 |
| Октябрьски | 81 | 93 | 106 | — | 29 | 25 | 71 | 100 | 100 | 14 |
| Хĕрлĕ Чутай | 81 | 88 | 101 | 65 | 20 | 72 | 43 | 68 | 82 | 13 |
| Ишлей | 81 | 90 | 108 | — | 17 | 42 | 90 | 101 | 100 | 11 |
| Тăвай | 81 | 89 | 98 | — | 10 | 25 | 87 | 100 | 90 | 20 |
| Кувакино | 80 | 90 | 105 | 50 | — | 24 | 78 | 86 | 101 | — |
| Етĕрне | 80 | 96 | 105 | 101 | 38 | 57 | 86 | 88 | 102 | 18 |
| Сĕнтĕрвăрри | 78 | 90 | 104 | — | 26 | 43 | 63 | 83 | 126 | 20 |
| Улатăр | 65 | 82 | 100 | 25 | — | 4 | 33 | 57 | 95 | 12 |
| Çĕмĕрле | 65 | 79 | 94 | 22 | 64 | 36 | 67 | 89 | 51 | 19 |
| Пăрачкав | 63 | 72 | 101 | 18 | — | 14 | 54 | 52 | 90 | 12 |

*Республикăри хуласемпе район центрĕсенче*

## САР ХĔРРИНЧИ ХУЛА

Асфальт сарнă çул тăрăх автобус Сăр шывĕ çинчи вăрăм та илемлĕ кĕпер çине пырса кĕчĕ. Çав вăхăтра кĕпер айĕн иртекен пăрахут, автобуспа пыракансене саламланă пекех, вăрăммăн кăшкăртрĕ. Часах умра йывăçсем хушшинче ларакан çуртсем курăнса кайрĕç. Умра Етĕрне хули.

Етĕрне — республикăри чи ватă хуласенчен пĕри. Ăна вунçиччĕмĕш ĕмĕр пуçламăшĕнче тунă. Иван Грознăй патша Хусан çине похода кайнă чухне кунта йĕтресем шăратса янă. Çавăнтан хула ячĕ Ядрино пулса юлнă.

Хула Сăр шывĕн сулахай енче, тÿрем вырăна вырнаçнă. Çуртсене çирĕп план тăрăх йĕркелесе лартнă, хула урамĕсем питĕ тÿрĕ, йĕркеллĕ.

Революцичченхи Етĕрне дворянсемпе купецсен тата мещансен хули пулнă. Аллă çул ĕлĕкрех кунта тăватă чиркÿ, вĕсенче 30 ытла пуп пулнă.

1781 çултанпа уезд хули пулнă пулин те кунта промышленность предприятийĕсенчен çу тата спирт завочĕсем кăна пулнă. Вĕсем те çулталăкра икшер уйăх кăна ĕçленĕ. Йĕпе-сапара хула урамĕсем пылчăкпа çăрăлнă. Культура учрежденийĕсем пулман.

Хальхи Етĕрне пачах урăхла. Хула, унти çынсен пурнăçĕ улшăнса çĕнелнине курса, пирĕн çĕршывра ĕççыннисемшĕн куллен тăрăшнине аван тÿйтăн.

Совет влаçĕ çулĕсенче ĕлĕкхи кивĕ заводсене тĕпренех çĕнетсе лайăхлатнă. Спирт заводĕнче спирт тасатмалли çĕнĕ цеха ĕçе кĕртнĕ. Хулари промышленность предприятийĕсем туса кăларакан продукци хисепĕ революцичченхипе танлаштарсан 19 хут ытла ÿснĕ. Промышленность предприятийĕсем туса кăларакан продукци хисепĕ халĕ çултан-çул ÿсет.

Хулара электростанци ĕçлет. Кăçал ăна пысăклатса вăйлатаççĕ. Çавна валли 75 лаша вăйлĕ çĕнĕ локомобиль илнĕ.

Етĕрне Горькипе, Хусан хушшинчи пысăк шоссе çулĕ çинче. Хула витĕр куллен тĕрлĕ еннелле нумай автомашина иртет. Унсăр пуçне Етĕрне хулине Сăр шывĕ тата Атăл ытти хуласемпе çыхăнтарса тăраççĕ. Шыв тăрăх пассажирсемпе грузсем чылай илсе çÿреççĕ.

Революцичченхи Етĕрнере икĕ пин ытла çын пурăннă пулин те 1908 çулччен кунта пуçламăш шкулсем кăна пулнă. Çав çул хулара реальнăй училище уçнă. Анчах унта улпут-хуçасемпе тĕн çыннисен ачисем кăна вĕренме пултарнă. Государство халăха хутла вĕрентес ĕç валли укçа-тенкĕ питĕ сахал панă. Сăмахран, 1901 çулта хулан пĕтĕм бюджечĕ 10.700 тенкĕ пулнă пулсан, халăха вĕрентес ĕç валли пурĕ те пин тенкĕ кăна панă.

Халĕ Етĕрнере педагогика училищи ĕçлет. Юлашки 25 çул хушшинче кăна унтан 1.635 учитель вĕренсе тухнă. 1951 çулта ялхуçалăх механизаторĕсем вĕрентсе хатĕрлекен шкул ĕçлеме пуçланă. Унсăр пуçне хулара тăватă пуçламăш, икĕ çичĕ çул вĕренмелли, пĕр вăтам шкул ĕçлет. Педагогика училищи çумĕнче базовăй шкул пур. Вĕсенче пин ытла çамрăк вĕренет. Кунти тăлăх ачасен çуртĕнче çĕршер ачана Тăван çĕршыва усăллă çынсем пулма пăхса ÿстернĕ.

Халăх сывлăхне сыхлас тĕлĕшпе те пысăк ĕçсем туса ирттереççĕ. Хулара çĕр койка вырнаçмалăх больница пур. Юлашки çулсенче унта çĕнĕ уйрăмсем чылай хушăннă. Пĕлтĕр кăна электричествăпа тата çутăпа сыватмалли уйрăм ĕçлеме пуçланă. Хирурги, куç, гинекологи, терапевт, рентген, туберкулез, санитарипе эпидеми станцинче тата ытти уйрăмсенче пурĕ 14 врач, вăтам медицина пĕлĕвĕ илнĕ 67 çын ĕçлет. Çитес сывăх вăхăтсенче больницăн чылай уйрăмĕсене, санитарипе эпидеми станцине пысăклатма палăртнă. Хулара пысăк ветлечебница пур.

Хулари ĕççыннисене пушă вăхăта культурăллă ирттерме пур условисем те çителĕклĕ. Кунта темиçе пысăк библиотека, культура çурчĕ, кинотеатр, темиçе клуб ĕçлет. Вĕсенчи кĕнекесен хисепĕ çултан-çул ÿссе пырать. Тÿрĕ те илемлĕ вырăнта стадион, Сăр çинче шыв станцийĕ тунă. Хулари садсемпе скверсен лаптăкĕ юлашки çулсенче икĕ хут ытла ÿснĕ. Первомайски, Карл Маркс, Комсомольски урамĕсенче çĕнĕ скверсем тунă, хула урамĕсене йывăçсем нумай лартнă. Халĕ Сăр хĕрринче пысăк сад тума палăртнă.

Етĕрне çĕнĕ сăн илсе, илемленсе пырать. Хула урамĕсенче çĕнĕ те пысăк магазинсем, ларексем. Темиçе çул каярах кунти ĕççыннисем ĕçмелли шыва Сăртан лашапа турттарнă пулсан, халĕ хула урамĕсенче артезиан çăлĕсем тунă. Хулара пурăнакансен хисепĕ ÿссе пынă май сăкăр завочĕ тăвас ыйту лартнă. Халĕ 3—5 хваттерлĕ темиçе çĕнĕ çурт тăваççĕ. Заводсем çумĕнче çĕнĕ мунча, ачасен яслисем валли пысăк çуртсем лартаççĕ.

Ватă Етĕрне сăн-сăпачĕ çĕнелет, унти ĕççыннисен пурнăçĕ кунтан-кун лайăхланса, культурăланса пырать. Çакăнпа хавасланса, хулари ĕççыннисем Тăван çĕршыв ырлăхĕпе мухтавĕшĕн ырми-канми ĕçлеççĕ.

Н. МИНИН.

ÿКЕРЧĔКСЕМ ÇИНЧЕ: 1. Етĕрнери Комсомольски урамĕнче, 2. Педагогика училищин çурчĕ.
Г. ЗИНЬКОВ фотоÿкерчĕкĕ.

## Медицина работникĕсен активĕн республикăри пухăвĕ

Майăн 20—21-мĕшĕсенче Шупашкарта медицина работникĕсен активĕн республикăри пухăвĕ пулса иртрĕ. Пухура республикăри сывлăх органĕсен задачисем çинчен КПСС Чăваш обкомĕн секретарĕ С. М. Ислюков юлташ, халăх сывлăхне сыхлас ĕç мĕнле пулса пыни тата 1953 çулхи задачăсем çинчен республикăри сывлăх министрĕ В. Г. Ефимова юлташ, трахома чирне пĕтерес майпа халăха диспансеризациленин итогĕсем çинчен сывлăх министерствин главнăй окулисчĕ А. З. Шульпенкова юлташ, республикăра санитари ĕçĕ тата эпидемисемпе кĕрешес ĕç мĕнле пыни çинчен республикăн главнăй санитари врачĕ А. С. Тылюдина юлташ тунă докладсене илтсе сÿтсе яврĕç.

Докладсем тăрăх прение Шупашкарти больница врачĕ Б. Плетнев, КПСС Етĕрне райкомĕн секретарĕ П. Перлович, Йĕпреçри больницăн главнăй врачĕ Смирнова, Хĕрлĕ Хĕрес общесвинчен П. Демьяненко, республикăри трахома институчĕн директорĕ А. Васильева, КПСС Канаш райкомĕн секретарĕ И. Ласточкин, Улатăр хулинчи больница врачĕ А. Латышев тата ыттисем те тухса калаçрĕç.

Пуху республикăра халăх сывлăхне сыхлас ĕçе лайăхлатма палăртса резолюци йышăнчĕ. Юлашкинчен Чăваш АССР Сывлăх министрĕ В. Г. Ефимова юлташ халăх сывлăхне сыхлас ĕçре малта пыракансене «Отличнику здравоохранения» значок пачĕ.

# Шкулсенче экзаменсем пуçланчĕç

## Малтанхи кун

Шупашкарти 6-мĕш номерлĕ вăтам шкул коллективĕ экзаменсене начар мар хатĕрленчĕ. Учительсем вĕренекенсене çирĕп те тарăн пĕлӳсем парассишĕн чунтан тăрăшса ĕçлерĕç.

Вĕренекенсем шкула уяври пекех тумланса пынă, экзамен ирттермелли пӳлĕмсене чечексемпе илемлетнĕ.

Ирхине, экзаменсем пуçланас умĕн, шкул директорĕ В. И. Иварбеев юлташ шкулти радиоузел тăрăх вĕренекенсене пĕр класран тепĕр класа куçмалли, вĕренсе тухмалли экзаменсем пуçланнă ятпа саламларĕ, экзаменсене ăнăçлă тытма ырă сунчĕ.

Экзаменсем йĕркеллĕ пуçланчĕç.

Тăххăрмĕш «Б» класра вĕренекенсем географипе экзамен тытрĕç. Географи преподавателĕ А. Прохоров юлташ ачасене çирĕп пĕлӳсем парассишĕн сахал мар вăй хунă. Тăрăшни нихçан та ахаль çухалмасть, хăйĕн результачĕсене парать. Вĕренекенсем материала лайăх пĕлеççĕ, пĕрин хыççăн тепри лăпкăн та васкамасăр ответлеççĕ.

Акă сĕтел умне Таисия Александрова отличница пырать.

— 28-мĕш номерлĕ билет!—пĕлтерет вăл. Таисия лăпкă, мĕншĕн тесен вăл тăрăшса вĕреннĕ, материала лайăх пĕлет. Вĕренӳ отличници Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсенчи климат çинчен, вăл географи тĕлĕшпе мĕнле вырăн йышăнса тăни çинчен тĕплĕн каласа пачĕ.

— Америка — пуян çĕршыв,—тет юлашкинчен Таисия,—анчах вăл пуянлăх ĕççыннисемшĕн мар. Империалистсем халăхăн пурнăçне лайăхлатассишĕн мар, ытларах вăрçă хатĕрĕсем туса кăларас, тĕнчене вăрçă вутне кĕртсе ӳкерес тесе тăрăшаççĕ. Вĕсем Корейăра виççĕмĕш çул ĕнтĕ айăпсăр çынсен юнне юхтараççĕ.

Александрова çавăн пекех халăх демократи çĕршывĕсенче хуçалăхпа культура строительстви енĕпе тунă ӳсĕмсем çинчен лайăх каларĕ. Унăн ответне «5» паллăпа хакланă.

Л. Ленский, В. Зайцева, И. Елахов вĕренекенсем те «5» паллă илчĕç. 16 ачаран 6 ача «5» паллă, 7 ача «4» паллă, 3 ача «3» паллă илнĕ.

Тăххăрмĕш «А» класра вĕренекенсем çĕнĕ историпе (преподавателĕ М. Алексеева юлташ) экзамен тытрĕç. Э. Широва, Л. Яковлева, А. Айзман, В. Миронова вĕреннĕ материала уйрăмах лайăх пĕлни курăнчĕ. Начар паллă илнисем çук.

Тăваттăмĕш класра вырăс чĕлхипе çыру ĕçĕсем пулчĕç. Малтанхи экзаменăн результачĕсем начар мар. 32 ачаран 23 вĕренекен «5» тата «4» паллă илчĕç.

**А. ЖИРНОВ.**

## Лайăх пĕлнине кăтартрĕç

СЕНТĔР, майăн 20-мĕшĕ. (Телефонпа). Паян Урпашри вăтам шкул нихçанхинчен те ытларах илемлĕн те мăнаçлăн курăнса ларать. Икĕ хутлă çĕнĕ çурт çинче вĕренӳ çулне ăнăçлă ирттерме чĕнекен лозунгсем. Пысăк чӳречесем умĕнче çурхи чечексемпе çĕмĕрт чечекĕсем курăнаççĕ. Вĕренекен ачасем экзамен пулса иртекен классене пуçтарăнчĕç. Вĕсем уяв чухнехи пек капăр тумланнă.

4-мĕш класра вĕренекенсем вырăс чĕлхипе диктант çырса 9 ача «5» паллă, 9 ача—«4» паллă, 2 ача—«3» паллă илнĕ. Мĕнпур ĕçсене таса, типтерлĕ çырнă. 9-мĕш «Б» класра историпе экзамен тытрĕç. 3 ача «5» паллă, 14 ача «4» паллă, илнĕ.

**П. ЭЛЬКИНСКИЙ.**

Шупашкарти 22-мĕш номерлĕ вăтам шкулта. Х-мĕш класра вĕренекенсем пĕрремĕш экзамен хыççăн. Сулахайран сылтăмалла: В. Егоров, В. Путятинская, В. Кудрявцев тата Г. Кожевникова.

Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчĕкĕ.

## Çамрăк рабочисен шкулĕнче

Хĕвеллĕ ир. Хула урамĕсенче ачасем ушкăнĕ-ушкăнĕпе шкулсем еннелле васкаса утаççĕ. Паянхи кун—экзаменсем пуçланнă кун шкул ачисемшĕн ытла та хаваслă. Урамра савăнăçлă кулни, шакăлтатса калаçни илтĕнет.

Акă, электроаппаратура заводĕн пурăнмалли çуртĕнчен çамрăк рабочисемпе работницăсем тухрĕç. Вĕсем Карл Маркс урамĕ вĕçнелле çул тытрĕç. Кунта Шупашкарти 22-мĕш номерлĕ вăтам шкул тата çамрăк рабочисен шкулĕ вырнаçнă.

Вăхăт 8 сехет çеç-ха. Шкул умне вĕренекенсем йышлăн пухăннă. Решеткеллĕ карта сывăхĕнче хĕрачасен пĕр ушкăнĕ тăрать. Вĕсем тăваттăмĕш класра вĕренекенсем, хăйсен çамрăк пурнăçĕнче пĕрремĕш хут экзамен тытаççĕ.

— Люся, эпĕ паян тата иртерех килес тенĕччĕ,—тет сарă кăтра çӳçлĕ хĕр ача хăйĕн юлташне. — Тем пулсан та паян чи малтан экзамен паратăп.

Чăн та, ачасен савăнăçĕ уйрăмах пысăк. Экзаменсем пуçланнă кун вĕсемшĕн нихăçан манми паллă кун. Вĕсем экзаменсенче лайăх паллăсем кăна илме ĕмĕтленеççĕ.

Кунтах çамрăк рабочисем тăраççĕ. Вĕсем производствăран уйрăлмасăр вăтам шкулăн каçхи уйрăмĕнче вĕреннĕ.

Пирĕн Тăван çĕршыври ĕççыннисем валли шкулсемпе техникумсенче, аслă шкулсенче вĕренме çав тери аван условисем туса панă. Çакна май Совет Союзĕнчи хуласенче, çавăн пекех Шупашкарта та, техникумсемпе шкулсен каçхи уйрăмĕсем ĕçлеççĕ. Вĕсенче нумай çамрăксем вĕренеççĕ. Иртнĕ çулта Шупашкарти рабочисен шкулĕнчен 70 çын ытла вĕренсе тухнă. Вĕсенчен 3 çын ылтăн тата кĕмĕл медальсем илнĕ. Халĕ пĕлтĕрхи выпускниксем çĕршыври хуласенчи—Мускаври университетра, Ленинградри, Хусанти, Горькинчи аслă шкулсенче вĕренеççĕ.

Шкулта вĕренекенсен йышĕ ӳссех пырать. Кăçал та çамрăксем нумай вĕренеççĕ, вĕсем Тăван çĕршыва усăллă, пысăк пултарулăхлă специалистсем пулма хатĕрленеççĕ.

...Шкул коридорĕсенче шăнкăрав сасси янраса кайрĕ. Вĕренекенсем классене кĕрсе вырнаçрĕç.

Пӳлĕмре таса та çутă. Сĕтелсем çинче тĕрлĕрен приборсем, наглядлăй пособисем. Экзамен тытмалли билетсене ретĕнретĕн хурса тухнă. Кунта 8-мĕш «А» класра вĕренекенсем физикăпа экзамен параççĕ. Физика преподавателĕ А. В. Бурашниковпа ассистент Т. А. Москвина юлташсем вĕренекенсене экзамен иртермелли йĕркепе паллаштараççĕ.

Экзамен пуçланчĕ. Чи малтан сĕтел умне Раиса Страхова тухать. Вăл иккĕмĕш çул ĕнтĕ каçхи шкулта вĕренет. Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ заводри токарь-стахановка производствăра паха тĕслĕхсем кăтартать. Вăл сменăри ĕç нормине чылай ирттерсе тултарать. Раиса Страхова вĕренӳре те малта пырать. Иртнĕ çулта вăл çиччĕмĕш класран «5» паллăсемпе кăна вĕренсе тухнă. Кăçал та мĕн вĕренӳ çулĕ пĕтиччченех Раиса çав тери тăрăшса вĕреннĕ.

Вăл шĕвексемпе газсенче япаласем мĕнле кӳсса çӳрени çинчен тĕплĕн каласа пачĕ. Çав вăхăтрах хăй каланине тĕслĕхсемпе çирĕплетрĕ. Вăл ыйтăва тарăн ăнланни тата ку енĕпе çирĕп пĕлӳ илни уççăнах палăрать.

Вĕренекенсем пĕрин хыççăн тепри ответлеççĕ. Кашниех физика ыйтăвĕсене теори тĕлĕшĕнчен аван пĕлнине кăтартать. Практикăлла ĕçсем, опытсем тăвас енĕпе те лайăх тĕслĕхсем пур.

Экзамен вĕçленсе пырать. Комисси сĕтелĕ умне электроаппаратура заводĕнчи паллă работница Н. Кузнецова тухать. Вăл та, Страхова пекех, иккĕмĕш çул çамрăк рабочисен шкулĕнче вĕренет. Пĕлтĕр 7-мĕш класран «5» тата «4» паллăсем илнипе вĕренсе тухнă. Вăл паянхи кун та çирĕп пĕлӳ кăтартрĕ. Экзамен комиссийĕ пĕр иккĕленмесĕрех ун пĕлĕвне «5» тесе хакларĕ.

10-мĕш класра вĕренекенсем çак кун вырăс литературипе сочинени çырчĕç. Вĕсем вырăс чĕлхипе литературине аван пĕлнине кăтартрĕç.

Çамрăк рабочисен ĕмĕчĕсем пысăк. Вĕсем, вăтам пĕлӳ илнĕ хыççăн, аслă шкулсене вĕренме кĕме ĕмĕтленеççĕ. Телейлĕ çамрăксем! Кĕçех вĕсем çĕршыври аслă стройкăсенче, пысăк заводсемпе фабрикăсенче производство командирĕсем, пысăк квалификациллĕ пултарулла специалистсем пулса ĕçлĕç.

**Н. ГЕРАСИМОВ.**

# Юрă праçникне лайăх хатĕрленер

Пирĕн çĕршывра халăх талантчĕсене ӳстерсе чечеклентерме пур условисене те туса панă. Ĕççыннисем хушшинче культурăлла-массăлла ĕçсем тума Совет государстви çултан çул ытларах укçа-тенкĕ уйăрса парать. Ĕççыннисем валли культура çуртĕсем, клубсем, театрсем, кинотеатрсем нумай лартнă. Фабрикăсемпе заводсем çумĕнче пиншер клубсемпе хĕрлĕ кĕтессем уçнă, вĕсенче рабочисемпе служащисен художествăлла пултарулăхне ӳстерсе пыраççĕ. Ĕççыннисенчен организациленĕ хор коллективĕсен шучĕ, вĕсен ăсталăхĕ çултан çул ӳссе пырать. Художествăлла пултарулăх коллективĕсене рабочисем, колхозниксем, интеллигентсем ытларах та ытларах хутшăнаççĕ.

Пирĕн республикăри предприятисемпе учрежденисенче пултарулăх коллективĕсем нумай. Художествăлла пултарулăх коллективĕсен ĕçне республикăри Учительсен çуртĕнче, Улатăрти чугун çул çинче ĕçлекенсен клубĕнче, Шупашкарти типографире уйрăмах лайăх йĕркеленĕ. Ку организацисенче тĕрлĕ кружоксем организациленĕ, çав кружоксен занятийĕсем план тăрăх, яланах йĕркеллĕ пулса пыраççĕ. Кашни концертăн программине художествăлла совет ларăвĕнче пăхса тухса çирĕплетеççĕ, çавăн хыççăн тин ăна рабочисемпе служащисем хушшинче кăтартаççĕ.

Лайăх ĕçлекен художествăлла пултарулăх коллективĕсем ялсенче те сахал мар. Вĕсенчен чылайăшĕ иртнĕ çулсенче хăйсен ăсталăхне республика столицинче те пĕр хут çеç мар кăтартса пачĕç.

Анчах нумай предприятисемпе учрежденисенче рабочисемпе служащисен пултарулăхне аталантарас тĕлĕшпе япăх ĕçлеççĕ. Сăмахран, Шупашкарти электроаппаратура заводĕнче, Канашри вагонсем юсакан заводра, Канашри чугун çул çинче ĕçлекенсен клубĕнче тата ытти предприятисемпе учрежденисенче те профсоюз организацийĕсем художествăлла пултарулăх коллективĕсен ĕçне начар организациленĕ. Рабочисемпе служащисем, уйрăмах çамрăксем хушшинче пултарулăх коллективĕсене хутшăнас текенсем нумай пулин те, профсоюз комитечĕсем вĕсене тĕрлĕ кружоксен ĕçне хутшăнтарма тăрăшмаççĕ. Çакă вăл профсоюзсен обкомĕсем, фабрикăсемпе заводсенчи комитетсем рабочисемпе служащисен художествăлла пултарулăхне ӳстерес ĕç çине питех те тимсĕррĕн пăхнинчен килет.

Художествăлла пултарулăх коллективĕсен ĕçне анлăн сарса пыни тата ăна тĕрĕс йĕркелени пирĕн халăха искусствăн тĕрлĕ формисемпе паллашма пулăшать.

Совет халăхĕ музыка пуянлăхне нумай тĕрлĕ майсемпе вĕренсе алла илет, çавăнпа пĕрлех вăл тĕнчери чи малта пыракан социализмла музыка культурине аталантарса пырать.

Массăллă юрă праçникне иртересси пирĕн çĕршыври халăхсен йăлине кĕрсе ситрĕ. Вăрçă хыççăнхи çулсенче нумай союзлă республикăсен столицисенче тата çĕршыври пысăк хуласенче юрă праçникĕсем туса иртерчĕç. Вĕсем коммунизм обществи тăвакан совет çыннисен культури хăвăрт ӳссе пынине кăтартса пачĕç.

1953 çулхи июлĕн пуçламăшĕнче пирĕн республикăра юрă праçникĕ ирттереççĕ. Çак уява çуркуннехи уй-хир ĕçĕсене ăнăçлă вĕçленĕ ятпа, пиллĕкмĕш пилĕкçуллăха ăнăçлă пурнăçа кĕртессишĕн кĕрешес ĕçре ĕççыннисен анлă массисен хастарлăхне тата ытларах ӳстерес тĕллевпе иртермелле. «Акатуй» ирттересси йăлана кĕнĕ районсенче кăçал та, иртнĕ çулсенчи пекех, «Акатуй» ирттереççĕ. «Акатуй» кунĕсенче халăх пултарулăхĕн йăлана кĕнĕ формисене палăртнипе пĕрлех уйрăм хорсемпе пĕрлештернĕ хор коллективĕсене юрлаттармалла, художествăлла пултарулăхăн ытти формисем те пулмалла. Çав майпа ĕççыннисен йăлана кĕнĕ уявне чăнлипех юрă праçникĕ туса иртермелле.

Юрă праçникне хор коллективĕсене массăллăн аталантарас, хор кружокĕсемпе вокальнăй ансамбльсем çĕнĕрен организацилес, художествăлла пултарулăх коллективĕсен ретне, уйрăмах хорта юрлакансен ретне рабочисемпе служащисен çемйисене, юрлама юратакансене пурне те анлăн хутшăнтарас тĕллевпе ирттереççĕ. Юрă уявне профсоюзсен коллективĕсемпе пĕрлех ялсенчи тата промысла кооперацийĕнчи хорсемпе пултарулăх коллективĕсем те анлăн хутшăнаççĕ.

Юрă уявне хатĕрленсе иртерме республикăри комисси тунă. Çавăн пекех районсемпе хуласенче тата пысăк предприятисенче те юрă уявне хатĕрленес ĕçе ертсе пыма комиссисем тăваççĕ. Комиссисен составне ĕççынни депутачĕсен район Совечĕсемпе хула Совечĕсен исполкомĕсем çирĕплетеççĕ.

Районсемпе хуласенчи юрă уявне хатĕрленсе иртерес тĕлĕшпе ĕçлекен комиссисен çĕнĕ хор кружокĕсем организацилеме, хор кружокĕсен ĕçне ĕççыннисене ытларах хутшăнтарма, ташă, драма тата ытти пултарулăх коллективĕсене нумайлатма тăрăшмалла. Ирĕклĕ спорт обществисемпе пĕрле вĕсен юрă уявĕ е «Акатуй» кунĕсенче иртерме физкультурăпа спорт вăййисем хатĕрлемелле.

Районсемпе хуласенчи комиссисем хор коллективĕсен репертуарĕсене пăхса тухса çирĕплетеççĕ, хор коллективĕсем, кружоксем, ансамбльсем, вокальнăй ушкăнсем валли пĕрлештернĕ хор репертуарĕсене пăхса тухса çирĕплетеççĕ, хор коллективĕсем, кружоксем, ансамбльсем, вокальнăй ушкăнсем валли пĕрлештернĕ хор репертуарне тата концерт программине хатĕрлесе календарнăй план тăваççĕ. Комиссисем пултарулăх коллективĕсене нотăсем, костюмсем тата занятисем репетицисем иртерме пӳлĕмсем тупса параççĕ, костюмсем суйласа илме пулăшаççĕ. Районсемпе хуласенче юрă уявĕ иртермелли плана туса хатĕрлеççĕ, уяв иртмелли вырăна илемлетсе йĕркелеççĕ. Уяв кунĕнче çав комиссисем хор коллективĕсемпе уйрăм солистсен выступленийĕсене, концертсене тата ытти вăйăсене ертсе пыраççĕ.

Хальхи вăхăтра хуласемпе районсенче, фабрикăсемпе заводсенче тата предприятисемпе учрежденисенче юрă уявне хатĕрленес ĕçе анлăн сарса ярас пулать. Юрă уявне хутшăнма профсоюзсен тата колхозсен хор коллективĕсене хатĕрленипе пĕрлех уйрăм солистсене, халăх инструменчĕсен оркестрĕсене, баянпа, кĕслепе, сĕрме купăспа тата ытти инструментсемпе лайăх вылякансене, ташлакан ушкăнсене, спортсменсене тимлĕн хатĕрлемелле.

Юрă уявĕн кунĕсенче пултарулăх коллективĕсен хăйсен выступленийĕсенче ĕççыннисен анлă массисене совет композиторĕсен çĕнĕ юррисемпе тата пултарулăх коллективĕсем туса хатĕрленĕ юрăсемпе паллаштармалла, хор коллективĕсемпе вокальнăй ансамбльсен тата уйрăм солистсен репертуарне чăваш композиторĕсен çĕнĕ юррисемпе пуянлатмалла.

Уява хатĕрленнĕ вăхăтра хорсем хушшинче хăйсен уйрăм программипе тухса юрлассишĕн ăмăрту пулса иртет. Кунсăр пуçне республикăри пĕрлештернĕ хора кĕртме палăртнă коллективсем те пĕрремĕшне ăмăртаççĕ. Хор коллективĕсен пултарулăхне вĕсем тĕрĕс, илемлĕ, килĕшӳллĕ юрлани пăхса хаклаççĕ. Коллектив юрă уявне мĕнле хатĕрленсе çитнине вырăнти комиссисем тĕрĕслеççĕ.

Юрă уявне иртерни ĕççыннисен анлă массисене художествăлла воспитани памалли паха май пулса тăрать. Çавăнпа та юрă уявне хатĕрленнĕ кунсенче ĕççыннисене музыка культурипе паллаштарас тĕлĕшпе чылай ĕçсем туса иртереççĕ. Сăмахран, уйрăм композиторсен творчествипе паллаштармалли концертсем, музыка культурин ыйтăвĕсене вĕрентмелли концерт-лекцисем иртереççĕ, радио тăрăх юрлама вĕрентеççĕ, клубсемпе культура çуртĕсенче хор кружокĕсемпе вокальнăй кружоксен ĕçне кăтартса паракан выставкăсем тăваççĕ.

Республикăри хуласемпе районсенче юрă уявне кăçалхи июнĕн 21-мĕшĕпе 28-мĕшĕ хушшинче иртереççĕ. Хуласемпе районсенчи юрă уявне профсоюз организацийĕсенчи тата ялсенчи пултарулăх коллективĕсем пурте хутшăнаççĕ. Хор коллективĕсем хуласемпе районсенчи пĕрлештернĕ хорсене хутшăнса юрлаççĕ. Художествăлла пултарулăх коллективĕсен пурин те хăйсен программине лайăх хатĕрлесе, Шупашкар хулинче иртерекен юрă уявне хутшăнма тивĕçлĕ пулас тесе тăрăшмалла.

Юрă уявĕн кунне пур çĕрте те лайăх иртерес пулать. Уяв иртермелли вырăна пултарулăх коллективĕсен пĕрлехи колоннăпа пымалла. Юрă уявĕ пĕрлештернĕ хор репертуарта кăтартнă юрăсене юрласа пуçланмалла. Ун хыççăн вара уйрăм хорсемпе пултарулăх коллективĕсем хăйсен ăсталăхне кăтартса параççĕ.

Концерт хыççăн халăх тĕрлĕ вырăнсенче савăнма пуçлать. Паркçенче, уçă площадкăсенче спорт ăмăртăвĕсем, атракционсем, вăйăсем пулаççĕ. Художествăлла пултарулăх коллективĕсен çав кун хуласемпе ялсенчи культура çуртĕсенче, клубсенче, хĕрлĕ кĕтессенче концертсем памалла.

Юрă уявне хатĕрленнĕ вăхăтра профсоюз организацийĕсен хор коллективĕсене çĕнĕ çынсем ытларах хутшăнтармалла, çĕнĕ кружоксем организацилемелле. Çакна тума профсоюз активне, юрă ăстисене рабочисен общежитийĕсене ярса, унта юрлама юратакансене, музыка инструменчĕпе калама пĕлекенсене, ташлакансен ушкăнне хутшăнма кăмăл тăвакансене тупса палăртмалла, вĕсене вара художествăлла пултарулăх коллективĕсене хутшăнтармалла.

Пирĕн республикăра юрă уявне хатĕрленсе иртерес ĕç обществăлла организацисем умне, пуринчен малтан профсоюз организацийĕсем умне, пысăк задачăсем лартать! Профсоюз организацийĕсен уява халех хĕрӳллĕн хатĕрленме пуçламалла, хор, музыка, ташă коллективĕсем валли вĕренме лайăх условисем туса памалла, пултарулăх коллективĕсене пурне те юрă уявне хутшăнма лайăх хатĕрлесе çитермелле.

Юрă уявне иртерни чухне пирĕн çĕршывра социализмла культура питех те пысăк çитĕнӳсем тунине кăтартса парас пулать. Çав уяв пирĕн халăх пĕтĕм тĕнчери çирĕп миршĕн, Ленин—Сталин партийĕ ертсе пынипе коммунизм строительствинче çĕнĕ те чаплă çĕнтерӳсем тăвассишĕн кĕрешнине уççăн кăтартса памалла.

**М. РОМАНОВА,**
Чăвашоблпрофсовет председателĕ.

# Тырпул тухăçне икĕ хут ӳстеретпĕр

**С. КОРОТКОВ,**
Социализмла Ĕç Геройĕ, Сталин ячĕпе тăракан колхоз председателĕ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ СССР Союзне 1951—1955 çулсенче аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсенче хура тăпраллă мар районсенче тĕштырă культурисен тухăçне кашни гектар çинче 17—19 центнер таран ӳстерме задача лартрĕ.

Пирĕн Сталин ячĕпе тăракан колхоз хура тăпраллă мар районта кĕрет. 400 гектар ытла—хăйăрлă çĕр, ытти—хăйлĕ тăпраллă çĕр. Тăпра пахалăхĕ çакăн пек начар пулсан та, колхоз вăрçă хыççăнхи пĕрремĕш пилĕкçуллăхрах пиллĕкмĕш пилĕкçуллăх вĕçĕнче туса илме палăртнинчен чылай нумайтарах тырпул туса илчĕ. Тырпул тухăçлăхĕ çултан-çул ӳсĕ пырать.

Юлашки пилĕк çул хушшинче эпир вăтам шутпа гектар пуçне ыраш 23,6-шер центнер, çурхи тулă 32,2-шер центнер пухса илнĕ. Çапла ĕнтĕ пирĕн ялхуçалăх артелĕн колхозникĕсем, малта пыракан ытти нумай колхозсенчи пекех, хура тăпраллă мар районсенче те гектар пуçне 150—200-шер пăт тĕштырă туса илме май пуррине çирĕплетсе пачĕç.

Çакна та каласа хăварас пулать: эпир кашни çул, çанталăк мĕнле тăнине пăхмасăр, пысăк тухăçлă тырпул туса илетпĕр.

Пысăк тухăçлă тырпул туса илмелли никĕс вăл—курăк акса тумалли пусă çаврăнăшĕ пулса тăрать. Пирĕн колхозăн нумай çул хушшинчи опычĕ çакна кăтартса пачĕ: пусă çаврăнăшĕнче культурăсене тĕрĕс вырнаçтарни, çĕре тĕплĕн те лайăх ĕçлесе тăни, хăмăла сухалани, кĕрхи çĕртмепе ирхи çĕртме сухи тарăн туни, уй-хире тислĕк тата минераллă удобренисем нумай кăларни, пысăк пахалăхлă вăрлăхсемпе акни,—çаксем пирĕн условисенче пысăк тухăçлă тырпул туса илмелли тĕп никĕс пулса тăраççĕ. Вăрçă хыççăнхи улта çул хушшинче эпир хамăрăн уйсене вăтам шутпа гектар пуçне çулленех 43,6-шер тонна тислĕк, 6,6 центнер минераллă удобрени кăларнă.

Колхоз тунă çитĕнӳсем пуринчен ытла машина-трактор станцийĕн ĕçĕнчен килнĕ. Тракторпа ĕçленине пула эпир суха сийĕн тарăнăшне 30 сантиметра çитерме пултартăмăр. Хăватлă техникăпа хĕçпăшалланни колхоза çĕр ĕçне малта пыракан агротехника хушнă пек туса пыма май парать.

Партипе правительство колхоз ялне МТС-сем урă малта пыракан ялхуçалăх техникипе пуянлатрĕç: тракторсем, комбайнсем, тырă тасатакан тата ытти машинăсем те нумай пачĕç. Колхоз государствăран минераллă удобренисем, тĕрлĕ химикатсем нумай илсе тăрать. Государство пулăшăвĕ колхозсен обществăлла хуçалăхне пур енчен те вăйланса пыма, халăх валли ялхуçалăх продукчĕсем, çăмăл промышленность валли чĕртавар нумай туса пама, ĕççыннисен пурнăçне малалла лайăхлатса пыма май парать.

Çапла ĕнтĕ пирĕн колхоз уй-хирĕсен тухăçлăхне çултан-çул ӳстерсе пыма кирлисем пурте пур. Малашнехи ĕçĕн ăнăçлăхĕ халĕ пĕтĕмпех хуçалăха хамăр тĕрĕс ертсе пыма пĕлнинчен, колхозсем умĕнче тăракан задачăсене творчествăлла татса пама пултарнинчен килет. Ĕç интересĕсем пире çапла тума хушаççĕ: агротехникăпа усă курас, вырăссен агрономи наукин пуян опычĕпе усă курас ĕçре шаблон хыççăн каймалла мар. Пирĕн çĕршыв пысăк, тĕрлĕ районсенчи условисем нумай енлĕ, çавăнпа та вырăнти уйрăмлăхсене шута илмесĕр пур çĕрте те пĕр пек агротехника меслечĕсемпе усă курни сиен кӳме çеç пултарать.

Эпир хамăр опытран çакна курса пĕлтĕмĕр: наука çитĕнĕвĕсемпе усă курассине формально пăхни пулмалла мар. Халĕ, агрономсен çарĕ ӳссе çитĕннĕ вăхăтра, кашни колхоз пысăк квалификациллĕ специалиста чĕнсе илме пултарнă вăхăтра агротехникăн вăл е ку меслечĕсемпе усă курасси çинчен тăракан ыйтăва вырăнта татса пани кирлĕ. Пусă çаврăнăшĕн вăл е ку хирĕнче мĕн тата мĕнле акасси çинчен облаçран, районтан хушса ларни тĕрĕс пулмасть. Ку ыйту пирки МТС-семпе колхозсен агрономĕсен татăклă сăмах каламалла.

Çакăнта каланисене çирĕплетсе парас тесе, эпĕ уйрăм тĕслĕхсем илетĕп. Таса çĕртме пусси вăйлă тырпул туса илмелли никĕс пулнине пурте пĕлеççĕ. Кăнтăрта таса çĕртмесĕр ĕç кăларма йывăр, май та килмест. Анчах хура тăпраллă мар районсенче кашни колхозрах таса çĕртме тытма кирлĕ-и? Кун пек районсенче çумăр нумай çăвать тата, çапла вара, çĕртме туса нӳрĕ ытларах тытмалла тăвасси хăйĕн пĕлтерĕшне паллă таран çухатать. Çакăн пек условисенче, пирĕн шутпа, таса çĕртме тытасси кашни колхозшăнах пĕр пек кирлĕ ĕç пулса тăмасть. Çакăн пек хуçалăхсенче, çĕрĕç культури çӳлĕ вырăнта тăракан, тĕрĕс пусă çаврăнăшĕ тунă колхозсенче таса çĕртме пуссисĕр те ĕç ăнăçлă пулма пултарать. Кун пек чухне çĕртме пуссине таса вырттарас вырăнне, унта мĕнле те пулин культура акса çитĕнтермелле. Пирĕн колхозниксем çакăн пек çул çине тăчĕç те ĕнтĕ.

Вĕсем чи малтан çакна шута илчĕç: ялхуçалăх продукцийĕ ытларах туса илес тесен, выльăх апачĕ ытларах туса илмелле. Колхозра юлашки çулсенче выльăх-чĕрлĕх шучĕ нумай ӳснĕ пирки, курăк акса тумалли пусă çаврăнăшĕпе туллин усă курсан та выльăх апачĕ çаплах çителĕксĕр пулать. Çавăнпа та эпир выльăх апачĕн пĕр пайне çĕртме пуссисем çинче туса илме йышăнтăмăр.

Пирĕн колхозра çĕрĕç культури çӳлĕ вырăнта тăрать, уй-хирсем çумкурăкĕнчен пĕтĕмпех тасалса çитнĕ, çĕрĕçне агротехника правилисем тăрăх туса пыратпăр. Çавăнпа та эпир таса çĕртме пуссисенче ир е вăтам вăхăтра çитĕнекен çĕрулми лартса тума тытăнтăмăр.

Эпир, тĕслĕхрен, çĕртме пуссине ир çитĕнекен çĕрулми лартатпăр пулсан, çак çĕр лаптăкĕ çине, çĕрулми пухса кĕнĕ хыççăн, хăюллăнах кĕрхи культурăсем—ыраш е кĕрхи тулă акма пултаратпăр. Çак культурăсене акас умĕн кашни гектар пуçне икшер центнер суперфосфат кăларатпăр. Çĕрулми хыççăн çакăн пек ыраш аксан та, кĕрхи тулă аксан та вĕсен тухăçлăхĕ таса çĕртме пусси çине акнă чухнехинчен нимĕн чухлĕ те кая пулмасть. Çакăн çинчен калать пирĕн юлашки икĕ çул хушшинчи опыт.

Çĕрулми хыççăн акнă çурхи тулă тухăçĕ те нумай çул ӳсекен курăксем хыççăн акнинчен кая пулмасть. Çакăн пек акнă çурхи тулă тухăçĕ çанталăк уяр тăнă çулсенче те кĕрхи ыраш тухăçĕнчен кая пулмасть. Çавăнпа та эпир çĕртме пусси çине урăх нимĕнле культура та мар, çĕрулми кăна лартатпăр. Çĕрулми—апат-çимĕç енĕпе те, выльăх апачĕ енĕпе те паха культура пулса тăрать. Иртнĕ çул эпир выльăхсене çитерсе сакăр пин центнер тырă пĕтертĕмĕр. Çав вăхăтрах тырă вырăнне эпир выльăхсене ăнăçлăнах çĕрулми ытларах пама пултарнă. Çапла тунипе эпир государствăна тырă ытларах пама тата колхозниксене ĕçкунĕ тăрăх тырпул нумайрах пама пултарнă.

Нумай çул ӳсекен курăксем акса çитĕнтернĕ вырăна эпир яланах çурхи тулă акатпăр. Юлашки икĕ çул хушшинче çакăн пек опыт туса ирттертĕмĕр: тулă вырса илнĕ хыççăн тулă акса тунă вырăна 30 сантиметр тарăнăшĕ сухаланă. Çакăн хыççăн тăпрана йывăр катоксемпе пусăрăнтарнă. Çак çĕр çине вара кĕрхи ыраш акса хăварнă. Кĕрхи ыраш тухăçĕ, çакăн пек акса хăварнă хыççăн, таса çĕртме пусси çине акнипе танлаштарсан, нимĕн чухлĕ те чакман. Мĕншĕн? Мĕншĕн тесен нумай çул хушши ӳсекен курăксене акнă çĕр лаптăкĕ çинче кĕрхи ыраша çитĕнме кирлĕ апатсем çителĕклĕ пулаççĕ. Эпир çакна пĕлсе çитрĕмĕр: нумай çул ӳсекен курăксем хыççăн çеремленсе юлнă вырăн çине малтанхи çул çурхи тулă, иккĕмĕш çул—кĕрхи ыраш, ун хыççăн—ытти çуртри культурисем акмалла.

Хура тăпраллă мар вырăнсенче тăпра структурине лайăхлатас тата тăпрана пуянлатас ĕçре курăксем акса туни тата уй-хире тислĕкпе минераллă удобренисем кăларни пысăк вырăн йышăнса тăрать. Çавăнпа та нумай çул ӳсекен курăксем акмалли çĕр лаптăкне ӳстересси тата вĕсен тухăçлăхне ӳстересси уйрăмах кирлĕ задача пулса тăрать. Кунта çакна та асра тытас пулать: клевера кашни çул акса тăмалла. Опыт кăтартнă тăрăх, вунă уйлă пусă çаврăнăшĕнче нумай çул ӳсекен курăксене пĕр харăс икĕ пусса акса хăвармалла.

Çĕрулми лартса хăварнă çĕртме пусси пулнă чухне вунă уйлă пусă çаврăнăшĕ çакăн пек пулать: икĕ пусă—нумай çул ӳсекен курăксем, виçĕ пусă—çурхи тырăсем, пĕр пусă—пропашной культурăсемпе пăрса йышши культурăсем, икĕ пусă — çĕрулми, икĕ пусă—кĕрхи тырăсем акнă вырăн. Кĕрхи тырăсене çĕрулми лартса тунă е çурхи тулă акса тунă вырăна акатпăр. Çурхи тулăна унччен нумай çул ӳсекен курăксем йышăннă вырăна акнă. Çĕрулми туса илнĕ вырăна аксан та, çурхи тулă туса илнĕ вырăна аксан та кĕрхи тырăсен тухăçĕ, таса çĕртме пусси çине акнипе танлаштарсан, нимĕн чухлĕ те чакмасть.

Кăçал таса çĕртме пуссинче пĕтĕм çĕр лаптăкĕ çине çĕрулми акса хăвармасан та, эпир пĕрчĕллĕ тырăсен тухăçне чылай ӳстернипе пĕрлех, 35.000 центнер таран çĕрулми туса илме пултаратпăр. Нумай çул ӳсекен курăксем; тымар çимĕçсем, силос культурисем çителĕклĕ таран туса илни пире ӳссе пыракан обществăлла выльăх-чĕрлĕх валли апат çителĕклĕ туса илес задачăна татса пама май парать. Çакă вăл пирĕн сахал çĕрлĕ колхозшăн уйрăмах пысăк вырăн йышăнса тăрать. Колхоз çакăн пек тунипе 500 пуçран кая мар ĕне выльăх, 500 сысна, 2.000 сурăх, 5.000 тĕрлĕ кайăк-кĕшĕк усрама пултарать. Ку шута колхозниксен выльăхĕсем кĕмеççĕ.

Пысăк тухăçлă тырпул туса илес ĕçре колхозри парти организацийĕ, коммунистсемпе комсомолецсем пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ. Вĕсем массăсем хушшинче организациллĕ тата политикăлла ĕç туса ирттереççĕ. Кашни ĕçĕн ăнăçлăхне çынсем, кадрсем татса параççĕ. Пирĕн колхозра çынсене суйласа илсе вĕсене бригадăсенче, фермăсенче ĕçлеме тĕрĕс вырнаçтарса тухасси çине уйрăмах тимлĕ пăхаççĕ. Бригадăсемпе фермăсене опытлă колхозниксем ертсе пыраççĕ.

Эпир колхоз умне тухса тăракан йывăрлăхсене колхозниксенчен пытарса тăмастпăр. Вĕсем çинчен эпир бригадăсенчи пухусенче те, пĕрлехи пухусенче те калатпăр. Вăл çитменлĕхсене пĕтермелли майсене колхозниксемпе пĕрле сӳтсе явса тупатпăр. Парти организацийĕ колхозниксен массипе таччăн çыхăнса ĕçлени, артель ĕçне тытса пырас тĕлĕшпе демократие анлăн сарни—колхоз умĕнче тăракан задачăсене ăнăçлăн татса памалли никĕс пулса тăрать.

Колхозра çĕрĕçĕпе обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç мастерĕсен чаплă кадрĕсем ӳссе çитĕнчĕç. Вăйлă тырпул туса илнĕшĕн вунвиçĕ колхозника Социализмла Ĕç Геройĕ ятне панă. Бригадир пулса ĕçлекен Социализмла Ĕç Геройĕсем П. П. Пупин, А. Д. Ашанин, А. Ф. Доманин, Б. В. Мишаков тата колхоз производствинче малта пыракан ытти колхозниксем те чăннипех нумай вĕреннĕ, колхозниксен культурăллă вожакĕсем пулса тăраççĕ. Вĕсем колхоз производствинче ертсе пыракан вырăнсенче вунпилĕкшер çул хушши ытла ĕçлеççĕ, ĕлĕк мăянпа армути кăна ӳссе ларнă çĕрсем çинче 200—250-шар пăт тырă туса илеççĕ. Вĕсем — агротехникăна лайăх пĕлекен, пысăк опытлă çынсем.

Колхоз стройĕ ялхуçалăхĕнче производительнăй вăйсене аталантарма пысăк малашлăх уçса пачĕ. Пирĕн колхозри кашни колхозник, кашни колхозница çакна лайăх пĕлсе тăрать: эпир тырпул тухăçне ӳстерес тĕлĕшпе тунă çитĕнӳсем вĕсем юлашки виçе мар. Эпир хамăр умма çитес сывăх çулсенче гектар пуçне 50-шар центнер ыраш тата çурхи тулă туса илес задача лартрăмăр. Çак задачăна пурнăçлама пирĕн вăй çитет, ăна эпир чыслăн пурнăçлăпăр.

Вăрнар районĕ,
Чăваш АССР.

(«ПРАВДА», майăн 17-мĕшĕ.).

# Социализмла промышленноҫа малалла аталантарса пырассишӗн

*Промышленноҫпа транспорт работникӗсен республикӑри канашлӑвӗнчен*

Майӑн 18—19-мӗшӗсенче Шупашкарта промышленноҫпа транспорт работникӗсен республикӑри канашлӑвӗ пулса иртрӗ. Канашлура «Республикӑри промышленность, транспорт, ҫыхӑну органӗсен ӗҫӗсем ҫинчен тата 1953 ҫулхи государство планне тултармалли мерӑсем ҫинчен» КПСС обкомӗн промышленноҫпа транспорт пайӗн заведующийӗ П. Чичикин юлташ доклад туса пачӗ.

— Совет халӑхӗ, — тет докладчик, — Ленин — Сталин партийӗ ертсе пынипе, коммунизм строительствинче ҫӗнӗрен те ҫӗнӗ ҫитӗнӳсем тӑвать. Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн XIX-мӗш съезчӗ социализмла промышленноҫӑн производительнӑй вӑйӗсене пур майсемпе те вӑйлатса пыма палӑртрӗ.

Съезд йышӑннӑ историлле решенисемпе, И. В. Сталин юлташӑн «ССР Союзӗнчи социализмӑн экономикӑлла проблемисем» ятлӑ гениллӗ произведенийӗпе тата вӑл съездра тухса каланӑ сӑмахпа хавхаланса, совет ҫыннисем пиллӗкмӗш пилӗк ҫуллӑх плана срокчен тата ирттерсе тултарассишӗн, Тӑван ҫӗршыв хӑватне малалла ҫирӗплетессишӗн пысӑк ҫӗкленӳпе кӗрешеҫҫӗ.

1952 ҫулхи плана ӑнӑҫлӑ тултарнӑ хыҫҫӑн совет халӑхӗ 1953 ҫулхи халӑх хуҫалӑх планне тултарассишӗн социализмла ӑмӑртӑва анлӑн сарса ячӗ.

Партипе правительство чӗнсе калани ҫине ответлесе, пирӗн республикӑри ӗҫ ҫыннисем, пӗтӗм совет халӑхӗпе пӗрле, хӑйсен ӗҫри хастарлӑхне нумай ӳстереҫҫӗ, пиллӗкмӗш пилӗк ҫуллӑх плана срокчен тултарассишӗн социализмла ӑмӑртӑва анлӑрах сарса пыраҫҫӗ.

Партин XIX-мӗш съезчӗ йышӑннӑ решенисене пурнӑҫласа пырса, КПСС хула комитечӗсем, нумай райкомсем, чылай предприятисемпе стройкӑсенчи пуҫламӑш парторганизацисем производство ыйтӑвӗсемпе тӗплӗнрех интересленме тытӑнчӗҫ, администраци ӗҫне тӗрӗслессине лайӑхлатрӗҫ, ӗҫри ҫитменлӗхсене ҫийӗнчех палӑртса пӗтерме пуҫларӗҫ.

Нумай предприятисем производство планне тултарса пыраҫҫӗ, технологи процесне пӗрмаях ҫӗнетсе лайӑхлатаҫҫӗ, ҫӗнӗ механизмсемпе тата оборудованипе хӗспӑшалланаҫҫӗ, ҫӗнӗ йышши изделисем туса кӑларма хӑнаҫҫӗ, продукци пахалӑхне лайӑхлатаҫҫӗ, продукцин хӑйне ларакан хакне йӳнетеҫҫӗ.

Шупашкарти электроаппаратура завочӗ 1952 ҫулхи плана ӑнӑҫлӑ тултарчӗ. Кӑҫал та вӑл тухӑҫлӑн ӗҫлет. 1953 ҫулхи тӑватӑ уйӑхра продукци туса кӑлармалли плана завод 110,6 процент тултарнӑ. Завод коллективӗ Май уявӗ ячӗпе илнӗ социализмла обязательствӑна чыслӑн пурнӑҫланӑ.

Государство планне Ҫӗмӗрлери экстракт тӑвакан «Большевик» завод тӑтӑшах тултарса пырать.

1952 ҫулхи тата кӑҫалхи тӑватӑ уйӑхри плана Улатӑрти паравуссем юсакан завод, Куславккари ҫуртсем тӑвакан завод, Ҫӗмӗрлери йывӑҫ япаласем тӑвакан завод тата ытти хӑшпӗр предприятисем те тултарнӑ.

Асӑннӑ предприятисем ӑнӑҫлӑ ӗҫлени унти коллективсенче социализмла ӑмӑрту анлӑн сарӑлнинчен, стахановецсен хисепӗ пӗрмай ӳссе пынинчен килет. Республикӑри предприятисенче вуншар пин стахановец тата ударник ӗҫлет. Вӗсем уйӑхри тата ҫулталӑкри заданисене срокчен пурнӑҫлаҫҫӗ, ӗҫ тухӑҫлӑхне пӗрмай ӳстерсе пыраҫҫӗ. Электроаппаратура заводӗнчи Мильман, Петров, Шарков слесарьсем пӗлтӗрех пилӗкҫуллӑхри задание тултарнӑ. 1952 ҫулта Канашри вагонсем юсакан заводри газорезчик Пекшин юлташ тӑватӑ ҫулхи нормӑна, ҫав заводри электросварщик Цапин, столяр Ванюшкин, прессовщик Лашманов юлташсем икшер-виҫшер ҫулхи ӗҫ нормине тултарнӑ.

Улатӑрти паравуссем юсакан заводри стахановецсем Яшин, Васюгин, Миронов, Бурмистров юлташсем, Шупашкарти пир-авӑр фабрикинчи ткачихӑсем Николаева, Григорьева, Ильина юлташсем тата ыттисем те ҫӗнӗрен те ҫӗнӗ ӳсӗмсем тӑваҫҫӗ, нормӑна тӑтӑшах ик-виҫӗ хут ирттерсе тултараҫҫӗ.

Анчах республикӑри промышленность, пӗтӗмӗшпе илсен, ҫителӗксӗр ӗҫлет. 1952 ҫулта 486 предприятирен 198 предприяти, вӑл шутра Чӑваш АССР Министрӗсен Совечӗ пӑхӑнса тӑракан 163 предприяти, производство планне тултарман. Ҫавӑн пирки республикӑри промышленность продукци туса кӑлармалли иртнӗ ҫулхи плана 99,6 процент ҫеҫ тултарнӑ. Вӑл кӑҫал та ҫителӗксӗр ӗҫлет. Апрель уйӑхӗнче продукци туса кӑлармалли плана 103,4 процент тултарнӑ пулин те, тӑватӑ уйӑхри плана пӗтӗмпе 98,2 процент кӑна пурнӑҫланӑ.

Продукци туса кӑлармалли тӑватӑ уйӑхри плана Ҫӗмӗрлери сӗтел-пукан комбиначӗ 80,5 процент, Канашри вагонсем юсакан завод—94,5 процент, Шупашкарти пир-авӑр комбиначӗ — 75,8 процент, Шупашкарти чӑлха фабрики—91,7 процент, Шупашкарти ликерпа эрех завочӗ—96,6 процент, Сӗнтӗрвӑрринчи спирт завочӗ—94,7 процент, Вӑрмарти сӗтел-пукан фабрики — 80,7 процент тултарнӑ. Пурӗ 180 ытла предприятипе артель тӑватӑ уйӑхри плана тултарман.

Республикӑри промышленность ҫителӗксӗр ӗҫлени мӗнрен килет-ха? Г. Маленков юлташ партин XIX-мӗш съездӗнче ҫакна палӑртрӗ: «Пирӗн промышленноҫӑн умра тӑракан задачӑсене пурнӑҫа кӗртсе пыма мӗн кирли пурте пур. Халӗ ӗнтӗ ӗҫ ҫакӑнта: ҫак майсемпе пурринпе те пӗтӗмӗшпех усӑ курмалла, ӗҫри ҫитменлӗхсене татӑклӑнах пӗтерсе пымалла, производствӑра халиччен усӑ курман резервсене тупмалла, вӗсене халӑх хуҫалӑхне вӑйлатакан хӑватлӑ ҫӑлкуҫӗ туса хумалла»,—терӗ.

Ҫӗмӗрлери сӗтел-пукан комбиначӗ пӗлтӗрхи производство планне 96,4 процент ҫеҫ тултарнӑ. Комбинат директорӗ пулнӑ Семенков юлташ государство дисциплинине час-часах пӑснӑ, плана тултарма тивӗҫлӗ мерӑсем йышӑнман. Вӑл государствӑна улталас ҫул ҫине тӑнӑ, продукци туса кӑларни ҫинчен суя отчет тӑратнӑ. Япӑх ӗҫленӗшӗн тата тӗрӗс мар сведени панӑшӑн Семенкова ӗҫрен кӑларнӑ. Комбинат кӑҫал та япӑх ӗҫлет. Вӑл юлса пыни производствӑна тӗрӗс мар организациленинчен, унӑн руководителӗсем ӗҫри дисциплинӑна ҫирӗплетме тӑрӑшманнинчен килет. Партбюро плана тултарса пыма, чӗртаварпа топливо тата электроэнерги перекетлеме коллектива кирлӗ пек мобилизацилемест. 1952 ҫулта комбинат нормӑран ирттерсе 6,5 пин кубометр йывӑҫ расходланӑ. Хӑма ҫуракан цех тата сушилка япӑх ӗҫлени ытти цехсене нумай чӑрмантарать.

Канашри вагонсем юсакан заводӑн тӑватӑ уйӑхри плана тултарма условисем пулнӑ. Заводра пӗр тикӗс мар ӗҫлесси, квартал е уйӑх вӗҫленес умӗн штурмласси йӑлана кӗнӗ. Заводри партком ҫав ҫитменлӗхе хирӗҫ тимлӗн кӗрешмест, производствӑна пӗр тикӗс ӗҫлеттермелле тума парторганизацие, пӗтӗм коллектива мобилизацилемест. Партком цехсенчи парторганизацисене ҫителӗксӗр ертсе пырать, вӗсен ӗҫӗпе тарӑнӑн интересленмест, цехсенче партилле-политикӑлла тата партилле-организацилле ӗҫе йӗркелеме кирлӗ пек пулӑшмасть.

Хӑшпӗр цехсенче коммунистсен пӗрлехи пухӑвӗсене сайра хутра ҫеҫ ирттереҫҫӗ, пухусене тӗплӗн хатӗрленмесӗр, идея тӗлӗшӗнчен аялти пусӑмра ирттереҫҫӗ, пухусенче критикӑпа самокритика сахал пулать.

Партком тата хӑшпӗр цехсенчи парторганизаци секретарӗсем хуҫалӑх руководителӗсем государство дисциплинине пӑснипе час-часах килӗшсе тӑраҫҫӗ.

## Вӑрман промышленноҫӗн ӗҫӗсем ҫинчен

Республикӑри вӑрман промышленноҫӗ ҫав-ҫавах юлса пырать-ха. 1952 ҫулта «Чӑвашвӑрман» тресчӗ 1951 ҫулхинчен те сахалтарах йывӑҫ хатӗрленӗ. 12 вӑрманпромхозран Ҫӗмӗрлери вӑрманпромхоз ҫеҫ ҫулталӑкри плана тултарнӑ. Кӑҫалхи тӑватӑ уйӑхри плана трест 86,2 процент ҫеҫ тултарнӑ. Вӑл юлса пыни механизмсемпе япӑх усӑ курнинчен, чылай машинӑсемпе механизмсем юсавлӑ мар пулнинчен тата час-часах ахаль тӑнинчен килет.

Вӑрманпромхозсенче технологи процесне пӑсаҫҫӗ, ҫӗнӗ меслетсемпе усӑ курмаҫҫӗ, чылай рабочисем ӗҫ нормине тултармаҫҫӗ. 1952 ҫулта ӗҫ тухӑҫлӑхӗ, 1951 ҫулхипе танлаштарсан, 4,5 процент чакнӑ.

Трест руководителӗсем — Киркинпа Лапинский юлташсем — предприятисен руководителӗсен ответлӑхне хӑпартма тӑрӑшмаҫҫӗ, ӗҫри ҫитменлӗхсемпе килӗшсе тӑраҫҫӗ. Хӑшпӗр вӑрманпромхоз руководителӗсем государствӑна улталама пӑхаҫҫӗ, критикӑпа самокритикӑна хӗсеҫҫӗ, халӑх хуҫалӑхне упрамаҫҫӗ.

Чылай ҫӗрте кадрсене тӗрӗс суйласа илмеҫҫӗ, вӗсене воспитани пама тӑрӑшмаҫҫӗ. Вӑрманпромхозсенчи парторганизацисен государство планне тултарса пырассишӗн хӑйсен ответлӑхне ӳстермелле, администраци ӗҫне тимлӗнрех тӗрӗслемелле, коммунистсене партипе государство дисциплинине пурнӑҫласа пыма воспитани памалла.

«Чӑвашвӑрман» тресчӗ 1952 ҫулхи тата кӑҫалхи пӗрремӗш кварталти плана тултарманни нумай районсем вӑрман хатӗрлес тӗлӗшпе хӑйсен тивӗҫне пурнӑҫламаннинчен те сахал мар килнӗ.

Халӑх хуҫалӑхне йывӑҫ материалсем хӗлӗн-ҫӑвӗн кирлӗ. Ҫуллахи вӑхӑтра ӗҫ хӑвӑртлӑхне чакарма вӑрманпромхозсен нимӗнле сӑлтав та ҫук, пулма та пултараймасть. Вӑрман промышленноҫӗн, иккӗмӗш кварталти плана ӑнӑҫлӑ тултарнипе пӗрлех, пӗрремӗш кварталти парӑма та татас пулать. Ҫав тӗллевпе автомашинӑсене икӗ сменӑран кая мар, паравуссемпе вагонсене кунӗн-ҫӗрӗн ӗҫлеттермелле, пур ӗҫе те комплексла механизацилемелле, поток меслечӗпе анлӑн усӑ курмалла. Производство планне ӑнӑҫлӑ тултарса пынӑ вӑхӑтрах вӑрманпромхозсен кӗркуннехипе хӗллехи ҫитес сезона кӑтартуллӑн хатӗрленмелле.

## Вырӑнти промышленность ӗҫӗсем ҫинчен

Вырӑнти промышленность министерстви 1952 ҫулхи плана пур кӑтартусем тӑрӑх та тултарман. Кӑҫалхи тӑватӑ уйӑх хушшинче вӑл пӗр миллион тенкӗ яхӑн продукци парса ҫитереймен. Ӑна пӑхӑнса тӑракан 47 предприятирен 27 предприяти тӑватӑ уйӑхри плана тултарман.

Вырӑнти промышленность юлса пыни Вырӑнти промышленность министерствин руководителӗсем Бобровпа Шишкин юлташсем директорсен пултарулӑхне ӳстерме тӑрӑшманнинчен, предприятисен ӗҫӗнчи ҫитменлӗхсене пӗтерме татӑклӑ мерӑсем йышӑнманнинчен, предприятисене чӗртаварпа материалсем вӑхӑтра парса тӑрас ӗҫе йӗркелеменнинчен килет.

Апат-ҫимӗҫ промышленность министерстви продукци туса кӑлармалли пӗлтӗрхи тата 1953 ҫулхи тӑватӑ уйӑхри плана пӗтӗмпе ӑнӑҫлӑ тултарнӑ. Анчах чылай предприятисем плана ҫирӗплетнӗ ассортимент тӑрӑх тултараймаҫҫӗ.

Районсенчи апат-ҫимӗҫ комбиначӗсен вырӑнти чӗртавартан продукци туса кӑлармалла. Халлӗхе вӗсем 80 процент продукцие государство уйӑрса паракан чӗртавартан тӑваҫҫӗ. Ҫӗрулми, пахча-ҫимӗҫ, пыл, кӑмпа, вӑрманта ӳсекен улма-ҫырла хатӗрлемелли плана министерство тӑтӑшах тултарса пымасть. Нумай предприятисем япӑх продукци туса кӑлараҫҫӗ.

Апат-ҫимӗҫ промышленность министрӗ Калинкина юлташ предприятисенче йывӑр ӗҫе механизацилеме кирлӗ пек тӑрӑшмасть, ашкӑнакан руководительсемпе килӗшсе пурӑнать, юрӑхсӑр работниксене пӗр вырӑнтан тепӗр вырӑна куҫарать.

Чӑвашпромсовет продукци туса кӑлармалли тӑватӑ уйӑхри плана тултарнӑ. Анчах промысла коопераци артелӗсем кирпӗч, черепица, известь, сӗтел-пукан сахал туса кӑлараҫҫӗ. Чӗртавар вырӑнтах нумай пулин те, Чӑвашпромсоветпа Чӑвашдревпромсоюз унпа лайӑхрах усӑ курма тӑрӑшмаҫҫӗ. Вырӑнти промышленность предприятийӗсемпе промысла коопераци артелӗсем ӗҫсыннисен йӑла ыйтӑвӗсене кирлӗ пек тивӗҫтермеҫҫӗ. Ата-пушмак, тумтир, савӑт-сапа юсас ӗҫе начар йӗркеленӗ.

Докладчик ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстерес, производство новаторӗсен опычӗпе меслетне сарас ӗҫе лайӑхлатма кирли ҫинче уйрӑмах тӗплӗн чарӑнса тӑрать. Нумай предприятисенче ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстерме пулӑшакан резервсемпе тата майсемпе кирлӗ пек усӑ курмаҫҫӗ. Чылай ҫӗрте йывӑр ӗҫе механизацилемеҫҫӗ, кадрсен пӗлӗвне ӳстермеҫҫӗ. Ҫавӑнпа республикӑри промышленность ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстермелли 1952 ҫулхи плана 95,3 процент ҫеҫ тултарнӑ. 1952 ҫулта тата кӑҫалхи пӗрремӗш кварталта промышленность продукцин хӑйне ларакан хакне йӳнетмелли задание пурнӑҫламан.

Предприятисенчи парторганизацисен, хуҫалӑх руководителӗсен экономика ыйтӑвӗсемпе тӗплӗнрех интересленмелле, хуҫалӑх расчетне ҫирӗплетмелле, рабочисене, инженерсемпе техниксене тата служащисене производствӑпа финанс планӗн пахалӑх кӑтартӑвӗсене лайӑхлатса пыма мобилизацилемелле.

## Чугун ҫул, шыв ҫул транспорче тата автотранспорт ӗҫӗ ҫинчен

Партин XIX-мӗш съезчӗн решенийӗсене пурнӑҫласа, республикӑри чугун ҫул организацийӗсен коллективӗсем хӑйсен ӗҫӗнче хӑшпӗр ҫитӗнӳсем тунӑ. Сапах та чылай станцисемпе дистанцисен тата ытти организацисен ӗҫӗнче пысӑк ҫитменлӗхсем пур. Хусан чугун ҫулӗн Улатӑрти уйрӑмӗ (начальникӗ Ширяев юлташ) паравуссемпе тата вагонсемпе кирлӗ пек усӑ курмасть, вагонсен ҫаврӑнӑшне ӳстермелли плана тултарса пымасть, поездсене расписани тӑрӑх ӑсатассишӗн кӗрешмест. Кӑҫалхи пӗрремӗш кварталта грузсем ӑсатмалли тата пушатмалли задание пурнӑҫламан. Ҫакӑ вӑл унти командирсем государство дисциплинине пӑснинчен, рабочисем хушшинче партилле-политикӑлла тата партилле-организацилле ӗҫе ҫителӗксӗр йӗркеленинчен килет. Уйрӑмри политотдел начальникӗ Поляков юлташ ҫитменлӗхсене пӗтерме тивӗҫлӗ мерӑсем йышӑнмасть.

1952 ҫулта тата кӑҫалхи I кварталта Канашри машинистсем грузсем нумай тиенӗ поездсем пиншер илсе ҫӳренӗ, ҫавна пула нормӑран ирттерсе 746 пин тонна груз турттарнӑ. Пиллӗкмӗш дистанци коллективӗ ӑмӑртура темиҫе хутчен малта тухнӑ. Анчах Канаш узелӗнчи организацисен ӗҫӗнче ҫитменлӗхсем те нумай.

Январьпе февраль уйӑхӗсенче депо нормӑран ирттерсе ҫӗр кӑмрӑкӗ чылай расходланӑ. Дистанцире пысӑк брак пулнӑ.

Шупашкарти станци грузсем ӑсатмалли задание пурнӑҫласа пымасть, вагонсене ахаль нумай тӑратать, станци начальникӗ Семенов юлташ пассажирсем валли лайӑх условисем туса пама тӑрӑшмасть. Чугун ҫул организацийӗсенчи парторганизацисен асӑннӑ ҫитменлӗхсене хӑвӑртрах пӗтермелле, государство заданийӗсене пурнӑҫлама рабочисене мобилизацилемелле.

## Строительство ӗҫӗсем ҫинчен

Совет правительстви ҫӗнӗ фабрикӑсемпе заводсем, пурӑнмалли ҫуртсем, шкулсемпе больницӑсем лартма ҫулсерен укҫа-тенкӗ нумай уйӑрса парать. Строительство организацийӗсем ҫителӗксӗр ӗҫленипе республика ҫав укҫа-тенкӗпе ҫулсерен туллин усӑ кураймасть. 1952 ҫулта «Легпромстройӑн» 11-мӗш тресчӗ, «Чӑвашвӑрман» тресчӗ, Ҫӗмӗрлери сӗтел-пукан комбиначӗ строительство валли уйӑрса панӑ миллионшар тенкӗ укҫапа усӑ курман. Строительство организацийӗсен ӗҫӗнче кӑҫал та улшӑнусем сукпа пӗрех. Уйрӑмах Канашри строительствӑпа монтаж кантурӗ тата Ҫӗмӗрлери сӗтел-пукан комбиначӗ ҫумӗнчи строительствӑпа монтаж кантурӗ япӑх ӗҫленине палӑртас пулать.

Строительство планне ӑнӑҫлӑ тултарса пырасси вырӑнти материалсем ҫителӗклӗ туса кӑларнинчен те сахал мар килет. Строительство материалӗсем тӑвакан промышленность управленийӗн кирпӗч заводӗсен ӗҫне лайӑхлатмалла, плана кашни предприяти тӑрӑх тултарса пыма, продукци пахалӑхне лайӑхлатма тивӗҫлӗ мерӑсем йышӑнмалла.

Республикӑри промышленность ҫителӗксӗр ӗҫлени КПСС хула комитечӗсемпе райкомӗсем предприятисене конкретлӑ ертсе пыманнинчен, вӗсен ӗҫне тимлӗн тӗрӗслесе тӑманнинчен килет. Хӑшпӗр хула комитечӗсемпе райкомсен секретарӗсем предприятисенче сахал пулаҫҫӗ, уйрӑм предприятисем ҫултан-ҫул юлса пынипе килӗшсе тӑраҫҫӗ. Хула комитечӗсемпе райкомсем предприятисенчи парторганизацисене партилле-политикӑлла ӗҫе хуҫалӑхла ӗҫпе тӗрӗс ҫыхӑнтарса туса пыма, администраци ӗҫне тарӑнӑн тӗрӗслесе тӑма вӗрентмеҫҫӗ. Райком бюровӗсен ларӑвӗсенче предприятисен ӗҫӗсем ҫинчен сахал сӳтсе яваҫҫӗ.

Уйрӑмах Йӗпрес, Элӗк, Сӗнтӗр, Вӑрнар районӗсенчи чылай предприятисем юлса пынине палӑртас пулать.

Чичикин юлташ КПСС обкомӗн промышленноҫпа транспорт пайӗн тата Чӑваш АССР Министрӗсен Совечӗн ӗҫӗнчи ҫитменлӗхсене палӑртать.

Парти, совет, хуҫалӑх, профсоюз тата комсомол организацийӗсен промышленноҫпа транспортра социализмла ӑмӑртӑва анлӑн сарса пымалла, малта пыракансемпе новаторсен ӗҫри лайӑх тӗслӗхӗсене тата малалла кайма пулӑшакан пуҫарӑвӗсене пӗтӗм вӑйпа пулӑшмалла, юлса пыракансене малта пыракансемпе танлашма пулӑшас тесе, малта пыракан опыта рабочисем хушшинче ҫине тӑрса сарса пымалла.

* * *

Доклад тӑрӑх 29 ҫын тухса каларӗ.

«Легпромстройӑн» 11-мӗш тресчӗн управляющийӗ **Каплин** юлташ пир-авӑр комбинатне тӑвас ӗҫри ҫитменлӗхсем ҫинчен чарӑнса тӑрать. Трест пурӑнмалли ҫуртсем, ҫип арлакан оборудовани вырнаҫтарса лартмалли пӗрремӗш кварталти плана тултарнӑ. Ку — паха тӗслӗх. Анчах пир тӗртекен цеха вӑхӑтра туса пӗтермен. Треста пӑхӑнса тӑракан хушма предприятисем йӗркеллӗ, пӗр-перинпе килӗштерсе ӗҫлемеҫҫӗ. Нумай участоксенче рабочисем валли тухӑҫлӑ ӗҫлеме паха майсем туса паман. Чылай рабочисем ӗҫ нормине тултармаҫҫӗ. Ҫакӑ вӑл ӗҫе япӑх йӗркеленӗ пирки пулать. Механизмсемпе те ҫителӗксӗр усӑ кураҫҫӗ, малта пыракансен опытне анлӑ сармаҫҫӗ.

КПСС Улатӑр хула комитечӗн секретарӗ **Чистопольский** юлташ каланӑ тӑрӑх, Улатӑр хулинчи промышленность иртнӗ ҫулхи плана тултарнӑ. Кӑҫал рабочисем, инженерсемпе техниксем тата служащисем пысӑкрах активлӑхпа ӗҫлеҫҫӗ. Май уявӗ ячӗпе ӑмӑртӑва хутшӑнса, предприятисем апрель уйӑхӗнчи плана 110 процент тултарнӑ. Ҫавӑнпа пӗрлех предприятисен ӗҫӗнче ҫитменлӗхсем те сахал мар: хуҫалӑх руководителӗсемпе парторганизацисем чылайӑшӗ плана ассортимент тӑрӑх тултарса пырассишӗн, ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстерессишӗн, продукцин хӑйне ларакан хакне йӳнетессишӗн тимлӗн кӗрешмеҫҫӗ. КПСС хула комитечӗпе хула Совет исполкомӗ предприятисен экономикине тӗплӗн тӗпчесе тишкермеҫҫӗ, юлса пыракан предприятисене сахал пулӑшаҫҫӗ.

Чистопольский юлташ республикӑри хӑшпӗр организацисем предприятисене япӑх пулӑшнине палӑртать. «Чӑвашлеспрев» Улатӑрти йывӑҫ япаласем тӑвакан комбината пӗр йышши изделисем туса кӑларма, Главлесосбытӑн Чӑваш республикинчи управленийӗ урӑх йышши таварсем ӑсатма наряд парать. Ҫавӑн пирки комбинатра пӗр миллион тенкӗлӗх хатӗр продукци выртать. «Чӑвашвӑрман» тресчӗ Улатӑрти автомашинӑсем юсакан мастерскоя (ЦРМ) запаслӑ пайсем сахал уйӑрса парать, финанс хуҫалӑхне тӗреклетме пулӑшмасть. Ата-пушмак фабрикине ҫӗнетсе пысӑклатас, «Красный восход» промартельте ҫӑмата тӑвас ӗҫе механизацилес, коммунальнӑй электростанци тума тытӑнас ӗҫе вӑраха яни тивӗҫлӗ министерствӑсемпе организацисем правительство йышӑннӑ решенисене вӑхӑтра пурнӑҫлассишӗн ответлӑх туйманнине кӑтартать.

Ҫӗмӗрлери сӗтел-пукан комбинатӗнчи **Одров** столяр хӑйӗн ӗҫ опычӗ ҫинчен каласа парать. Апрелӗн 15-мӗшӗ тӗлне вӑл ҫулталӑкри ӗҫ нормине тултарнӑ. Одров юлташ 1954 ҫулхи январӗн 1-мӗшӗччен 3,5 ҫулхи нормӑна тултарма сӑмах парать. Оратор комбинатри ҫитменлӗхсене, уйрӑмах хӑма ҫуракан цех тата сушилка цехӗн ӗҫне йӗркелеменнине, йывӑр ӗҫсене механизацилеме тӑрӑшманнине, строительство ӗҫӗ япӑх пынине, кирпӗч завочӗ паха мар продукци туса кӑларнине критиклет.

КПСС Шупашкар хула комитечӗн секретарӗ **Швечков** юлташ хулари парторганизацисем государство планне ӑнӑҫлӑ тултарса пырассишӗн, продукци пахалӑхне лайӑхлатассишӗн, перекетлӗхшӗн мӗнле кӗрешни ҫинчен калать. Вӑл уйрӑм предприятисем юлса пынине, плана номенклатура енӗпе тултарса пыманнине палӑртать.

КПСС Элӗк райкомӗн секретарӗ **Чирков** юлташ сӳс-кантӑр заводне тӑвас ӗҫ япӑх пынине, Заготленӑн Чӑваш республикинчи кантурӗ ҫак ыйтупа кирлӗ пек интересленменнине палӑртать.

Чӑваш АССР Архитектура управленийӗн начальникӗ **Кожевников** юлташ стройкӑсенче хӑватлӑ техникӑпа япӑх усӑ курнине, ӗҫе комплексла механизацилессине хакламаннине палӑртать. Чӑвашпроект проектсемпе сметӑсене вӑхӑтра туса хатӗрлемест, малта пыракан мелсене стройкӑсенче пурнӑҫлама пулӑшмасть. Оратор стройкӑсенче индустрилле мелсемпе анлӑн усӑ курма, шлакпа цементран блоксем туса кӑларас ӗҫе йӗркелеме, строительство кадрӗсем вӗрентсе хатӗрлес ӗҫе лайӑхлатма сӗнет.

Шупашкарти тир-сӑран комбиначӗн директорӗ **Семенов** юлташ каланӑ тӑрӑх, комбинат чылайранпа юлса пыни ӑна чӗртаварпа материалсем ҫителӗксӗр уйӑрса панинчен, Чӑваш АССР Вырӑнти промышленность министерстви тивӗҫлӗ пулӑшу паманнинчен килет. Юлашки вӑхӑтра комбинат хуткупӑс промышленноҫӗ валли лайка туса кӑларма тытӑннӑ.

Шупашкарти пристань начальникӗ **Богоявленский** юлташ хӑшпӗр хуҫалӑх организацийӗсем (Заготзерно пункчӗ, Сосновски хӑма ҫуракан завод) баржӑсене ахаль нумай лартнине, ҫавӑншӑн штраф чылай тӳленине палӑртать.

Канаш хула Совет исполкомӗн председателӗн заместителӗ **Смирнов** юлташ республикӑри хӑшпӗр организацисене хӑйсене пӑхӑнса тӑракан предприятисене ҫителӗксӗр пулӑшнӑшӑн критиклет. «Красный воин» артелӗн сӑран тума чӗртавар нумай. Анчах Чӑвашкоопинсоюз артеле химикатсем ҫителӗклӗ уйӑрса памасть, ҫавӑн пирки ӗҫ чарӑнса тӑрать, Хулари промкомбинат гальванически цех уҫнӑ. Ҫавӑншӑн ӗҫсыннисем савӑннӑ. Юлашки вӑхӑтра цех ӗҫлемест, мӗншӗн тесен Вырӑнти промышленность министерстви комбината кирлӗ материалсем уйӑрса памасть. План тӑрӑх «Дружба» промартелӗн цинкпа витнӗ савӑт-сапа туса кӑларма тытӑнмалла. Ҫак производствӑна йӗркелеме Чӑвашпромсовет артеле оборудовани уйӑрса паман.

Ҫӗмӗрлери сӗтел-пукан комбиначӗн директорӗн заместителӗ **Чернов** юлташ каланӑ тӑрӑх, комбинат кӑҫалхи пӗрремӗш кварталта Тӑван ҫӗршыва чылай продукци парса ҫитереймен. Комбинат юлса пыни производствӑна пӗр тикӗс ӗҫлеттерменнинчен, штурмовщинӑна пӗтерменнинчен килет. Оратор экстракт тӑвакан завод дирекцине электроэнергипе пӑс сахал парса тӑнӑшӑн критиклет.

Пӗрремӗш кварталта комбинат чӗртавар — йывӑҫ ҫителӗклӗ илсе тӑман. Главлесосбытӑн Чӑваш республикинчи управленийӗ (начальникӗ Долбилов юлташ) тата «Чӑвашвӑрман» тресчӗ комбината йывӑҫ вӑхӑтра тӑратма тӑрӑшмаҫҫӗ. Комбината пукан тума хурама йывӑҫ нумай кирлӗ. Главлесосбытӑн управленийӗ Алтышеври завода хурама йывӑҫ ытлашши нумай уйӑрса парать, комбинат ҫав йывӑҫ ҫитменнипе йӗркеллӗ ӗҫлеймест.

Чӑваш АССР Министрӗсен Совечӗн председателӗн заместителӗ **Полунаров** юлташ Чӑвашдревпромсоюз тата Вырӑнти топливо промышленность управленийӗ хӑйсене пӑхӑнса тӑракан предприятисене япӑх пулӑшнине палӑртать. Чӑвашдревпромсоюза пӑхӑнса тӑракан промартельсенчен ҫурри плана уйӑхран уйӑха тултарса пымаҫҫӗ. Кӑҫалхи тӑватӑ уйӑх хушшинче Чӑвашдревпромсоюз планпа палӑртнинчен 1,5 миллион тенкӗлӗх продукци сахалтарах туса кӑларнӑ. Вырӑнти топливо промышленность управленине пӑхӑнса тӑракан Сӗнтӗрти вӑрманпромхоз чылайранпа юлса пырать. Суркунне ҫак вӑрманпромхозӑн 500 кубометр йывӑҫне ҫурхи шыв илсе кайнӑ. Вӑрманпромхозра Вырӑнти топливо промышленность управленийӗн руководителӗсем Стуриковпа Игнатьев юлташсем темиҫе хут та пулнӑ, анчах ӗҫри ҫитменлӗхсене пӗтерме пулӑшман.

Вырӑнти промышленноҫпа промысла кооперацийӗн чылай предприятийӗсем продукци пахалӑхне лайӑхлатассишӗн, халӑха кирлӗ япаласем нумайрах туса кӑларассишӗн кӗрешмеҫҫӗ. Республикӑри тавар ҫаврӑнӑшӗнче вырӑнти таварсем 5,4 процент ҫеҫ йышӑнаҫҫӗ.

Нумай райсовет исполкомӗсенче председателӗн вырӑнти промышленность енӗпе ӗҫлекен заместителӗсем пур. Вӗсем чылайӑшӗ куллен кирлӗ таварсем, строительство материалӗсем туса кӑларас ӗҫе аталантарма, ӗҫсыннисен йӑла ыйтӑвӗсене кирлӗ пек тивӗҫтерме тӑрӑшмаҫҫӗ. Республикӑра чӗртавар, топливо, ӗҫ вӑйӗ ҫителӗклӗ. Вӗсемпе усӑ курни кирлӗ.

Нумаях пулмасть Чӑваш АССР Министрӗсен Совечӗ куллен кирлӗ таварсем туса кӑларассине ӳстерме йышӑнчӗ. Ҫак постановление пурнӑҫласси — вырӑнти промышленноҫпа промысла коопераци работникӗсен чыслӑ та пысӑк тивӗҫӗ.

КПСС Канаш хула комитечӗн секретарӗ **Новиков** юлташ хулари парторганизацисен предприятисемпе транспорт организацийӗсене ертсе пырас ӗҫ опычӗ ҫинчен каларӗ, ӗҫри ҫитменлӗхсене палӑртрӗ. Вӑл Чӑваш АССР Ялхуҫалӑх министерствине ялхуҫалӑх машинисем юсакан завода япӑх пулӑшнӑшӑн критиклет. МТС-семпе колхозсенче юсавлӑ мар моторсем, автомашинӑсем, двигательсем чылай. Вӗсене юсама завода тӑратмаҫҫӗ. Завод час-часах ӗҫсӗр ларать.

Вырӑнти промышленность министерстви индпошив мастерскойне ҫӗвӗ машинисем сахал уйӑрса парать. Новиков юлташ ҫавӑн пекех Апат-ҫимӗҫ промышленность министерствине Канаш хулинчи апат-ҫимӗҫ комбинатне ҫӗнетсе пысӑклатма пулӑшманшӑн, «Росмаслостройӑн» строительствӑпа монтаж управленине Канашри ҫу заводне туса пӗтерме тӑрӑшманшӑн критиклет.

«Чӑвашвӑрман» тресчӗн главнӑй инженерӗ **Лапинский** юлташ вӑрманпромхозсен руководителӗсем хӑватлӑ техникӑпа усӑ курма, малта пыракансен опытне сарма кирлӗ пек тӑрӑшманнине палӑртать. Вӑрман промышленноҫӗнче усӑ курман резервсем нумай. Кӗркуннепе хӗллехи сезонта кадрти рабочисенчен 46 проценчӗ, вӑрманта ӗҫленӗ кашни 10 колхозникрен тӑххӑрӑшӗ ӗҫ нормине тултарман. Апрельпе май уйӑхӗсенче нумай вӑрманпромхозсем ӗҫ хӑвӑртлӑхне чакарнӑ.

Лапинский юлташ ҫакна палӑртать: треста пӑхӑнса тӑракан вӑрманпромхозсен коллективӗсем 1953 ҫулхи плана срокчен тултарма, Тӑван ҫӗршыва планран ирттерсе 53 пин кубометр йывӑҫ хатӗрлесе пама сӑмах панӑ.

Докладчик тата прениере тухса калакансем «Чӑвашвӑрман» тресчӗ Ҫӗмӗрлери сӗтел-пукан комбинатне йывӑҫ ҫителӗксӗр тӑратнине палӑртрӗҫ. Лапинский юлташ трест ҫав ҫитменлӗхе пӗтерме мӗнле мерӑсем йышӑнма пулни ҫинчен каласа памарӗ.

Ҫӗрпӳри пир-авӑр фабрикинчи стахановка **Зачесова** юлташ хӑйӗн опычӗ ҫинчен каласа пачӗ тата фабрикӑри ҫитменлӗхсене палӑртрӗ. Хӗлле ҫул-йӗр органӗсем Ҫӗрпӳ хулипе чугун ҫул станцийӗ хушшинчи ҫула юртан тасатмаҫҫӗ, ҫавӑнпа фабрика валли станцирен вутӑ кӳрсе килме хӗн.

Чӑваш АССР Верховнӑй Совечӗн депутачӗ, машинист **Казяев** юлташ Улатӑрти машинистсем кӑҫалхи тӑватӑ уйӑх хушшинче нормӑран ирттерсе вуншар пин тонна груз турттарни, топливо чылай перекетлени ҫинчен каларӗ. Казяев юлташ пӗлтӗр 126 тонна, кӑҫал 58,5 тонна ҫӗр кӑмрӑкӗ перекетленӗ. Вӑл ертсе пыракан колонна тӑтӑшах лайӑх ӗҫлет, нумай груз тиенӗ поездсем илсе ҫӳрет.

— Чылай завкомсемпе фабкомсем,—тет Чӑвашоблпрофсовет председателӗ **Романова** юлташ,—ӑмӑртӑва йӗркелесе ертсе пырас ӗҫри формализма пӗтермен. Канашри вагонсем юсакан заводри завком (председателӗ Прокопьев юлташ) ӑмӑрту итогӗсене вӑхӑтра пӑхса тухмасть, малта пыракансен опычӗпе меслетне пӗтӗҫтерсе сарма тӑрӑшмасть. Цехсенче производствӑлла канашлусем сайра хутра ҫеҫ ирттереҫҫӗ. Завкомпа цехкомсем рабочисен ҫӗнӗвӗсене шута илмеҫҫӗ. Завком ҫумӗнчи комиссисем япӑх ӗҫлеҫҫӗ.

Романова юлташ каланӑ тӑрӑх, Ҫӗмӗрлери сӗтел-пукан комбинатӗнчи профсоюз организацийӗсем ӗҫри дисциплинӑна ҫирӗплетме тӑрӑшмаҫҫӗ, ӑмӑртура илнӗ обязательствӑсене пурнӑҫлама тивӗҫлӗ мерӑсем йышӑнмаҫҫӗ. Стройкӑсенче пур ӗҫе те пысӑк пахалӑхпа тӑвассишӗн, материалсем перекетлессишӗн социализмла ӑмӑртӑва анлӑн сарман. Уйрӑмах вырӑнти промышленность предприятийӗсенче социализмла ӑмӑртӑва ҫителӗксӗр йӗркеленӗ. Романова юлташ предприятисемпе стройкӑсенче культурӑлла-массӑлла ӗҫе лайӑхлатма пулӑшакан сӗнӳсем парать.

Строительство материалӗсем тӑвакан промышленность управленийӗн начальникӗ **Репкин** юлташ партипе правительство строительство материалӗсем тӑвакан промышленноҫа пысӑк пулӑшу панине палӑртать. Шупашкарти кирпӗч заводӗнче ҫӗнӗ пресс вырнаҫтарса лартнӑ, тӑм турттарма паравус туяннӑ. Ивановӑри кирпӗч заводӗнче экскаваторпа тӑм кӑлараҫҫӗ. Кирпӗч типӗтекен сарайсем, пурӑнмалли ҫуртсем лартма укҫа-тенкӗ нумай уйӑрса панӑ. Анчах ҫав паха майсемпе чылай предприятисенче кирлӗ пек усӑ курмаҫҫӗ. Управлени апрель уйӑхӗнчи производство планне тултарман. Уйрӑмах Ивановӑри кирпӗч завочӗ япӑх ӗҫлет. Вӑл 1952 ҫулхи плана тултарман.

Кирпӗч завочӗсенче сезонниксем нумай ӗҫлеҫҫӗ. Ҫавӑнпа кунта рабочисене воспитани парас, техникӑна вӗрентес, малта пыракансен опычӗпе паллаштарас ӗҫӗн пӗлтерӗшӗ уйрӑмах пысӑк.

Куславккари ҫуртсем тӑвакан завод директорӗ **Коваленко** юлташ завод коллективӗ умӗнче пысӑк задачӑсем тӑни ҫинчен каларӗ. Кӑҫал заводӑн ҫӗршыври шахтерсем валли пӗлтӗрхинчен 30 пин тӑваткал метр пурӑнмалли ҫурт ытларах туса кӑлармалла. Паркет туса кӑларассине икӗ хут ӳстермелле. Заводра ӑмӑрту анлӑн сарӑлнӑ. 105 стахановец ӗҫ нормине тӑтӑшах икӗ хут ирттерсе тултараҫҫӗ. Завод коллективӗ Ленинградри институтпа тачӑ ҫыхӑну тытать, унтан пысӑк пулӑшу илет. Юлашки вӑхӑтра заводра оборудовани тухӑҫлӑхне ӳстерме пулӑшакан чылай мероприятисем пурнӑҫа кӗртнӗ.

Заводра ҫитменлӗхсем те сахал мар. Хӑшпӗр цех руководителӗсемпе мастерсем ӗҫе тӗрӗс йӗркелеме тӑрӑшмаҫҫӗ, ҫавӑн пирки уйрӑм рабочисем ӗҫ нормине тултармаҫҫӗ. Коваленко юлташ ҫыхӑну органӗсемпе суту-илӳ организацийӗсем япӑх ӗҫленине палӑртать.

Прениере ҫавӑн пекех Чӑваш АССР Апат-ҫимӗҫ промышленность министрӗ **Калинкина** юлташ, Вырӑнти промышленность министрӗ **Бобров** юлташ, Хусан чугун ҫулӗн Улатӑрти уйрӑмӗн начальникӗ **Ширяев** юлташ, Кирери вӑрманпромхоз директорӗ **Зеленков** юлташ, Етӗрне райсовет исполкомӗн председателӗн заместителӗ **Железнов** юлташ, Канашри вагонсем юсакан заводри вагонсем пухакан цех начальникӗ **Кузнецов** юлташ тата ыттисем те тухса каларӗҫ.

Юлашкинчен КПСС обкомӗн секретарӗ **Т. Ахазов** юлташ тухса каларӗ. Вӑл промышленность, транспорт, строительство тата ҫыхӑну органӗсен ӗҫне лайӑхлатас, 1953 ҫулхи государство планне ӑнӑҫлӑ тултарас тӗлӗшпе парти, совет, хуҫалӑх тата профсоюз организацийӗсем умӗнче тӑракан задачӑсене тӗплӗн сӳтсе явса пачӗ.

## И. В. СТАЛИНĂН „ЛЕНИНИЗМ ЫЙТĂВĔСЕМ“ ЯТЛĂ КĔНЕКИНЕ ВЕНГЕРЛА ÇИЧЧĔМĔШ ХУТ ПИЧЕТЛЕСЕ КĂЛАРНĂ

БУДАПЕШТ, майăн 20-мĕшĕ. (ТАСС). «Сикра» издательстви И. В. Сталинăн «Ленинизм ыйтăвĕсем» ятлă кĕнекине çиччĕмĕш хут пичетлесе кăларнă. Кĕneke тиражĕ—50 пин экземпляр. Çак кĕнекене Венгрире пурĕ 335 пин экземпляр пичетлесе кăларнă.

## Францири ĕççыннисен кĕрешĕвĕ

ПАРИЖ, майăн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Францири ĕççыннисем хăйсен пурнăçне лайăхлатассишĕн çине тăрса кĕрешеççĕ.

Ěнер Париж хулинчи транспорт предприятийĕсенче ĕçлекенсем пĕр талăк хушши забастовка тунă. Забастовка ĕççыннисен пĕрлĕхне кăтартса панă. Хула транспортĕнче ĕçлекенсене пĕрлештерсе тăракан ултă профсоюз пĕрле пичетлесе кăларнă пĕлтерӳре çапла каланă: забастовка хăватлăн сарăлассине администраци хăратса тăни те, «Форс увриер» профсоюз организацийĕн сылтăм социалистлă руководителĕсем раскольникла политика тытса пыни те, столица урамĕсене полицине охранка вăйĕсене йышлăн кăларса тăратни те чарса лартма пултарайман. Ěнер полици забастовкăна хутшăннă профсоюз руководителĕсене 40 сынна арестленĕ.

Францири ĕçлев конфедерацийĕн федерацийĕ чĕнсе каланипе паян Парижра газ завочĕсемпе электростанцисенче ĕçлекенсем забастовка тăваççĕ. Вĕсем ĕç укçи ӳстерме ыйтаççĕ, Мейер правительстви финанс тĕлĕшпе хатĕрлекен закон проекчĕсене хирĕç тăраççĕ. Хулара пур çĕрте те тенĕ пекех электричество çути пама пăрахнă. Чылай районсене газ пачах пама чарăннă.

«Юманите» хаçат çапла çырать: чугун çул работникĕсен федерацийĕ «Форс увриер» профсоюз федерацийĕ тата инженерсемпе техниксен, ертсе пыракан работниксен Пĕтĕм Францири профсоюз конфедерацийĕ патне çыру янă. Çырура майăн 27-мĕшĕнче чугун çул работникĕсен пĕтĕмĕшле забастовкине иртерме чĕнсе каланă.

Франци рабочи класĕн кĕрешĕвĕнче Пĕтĕм Францири ĕçлев конфедерацийĕн авторитечĕ ӳссе пырать.

Демократиллĕ хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, Пĕтĕм Францири ĕçлев конфедерацийĕ «Рено» автомобиль завочĕсенче рабочисен делегачĕсене предприяти комитечĕсене суйланă чухне ĕнер çĕнĕ çĕнтерӳ тунă. Пĕтĕм Францири ĕçлев конфедерацийĕн профсоюз организацийĕсем тăратнă кандидатсемшĕн 71,97 процент сасă панă. Çакă вăл иртнĕ çулхи июнь уйăхĕнче предприятисен комитетне суйланă чухнехинчен 9 процент ытларах сасă пани пулать. Па-де-Кале департаментĕнчи Куррьер районĕнчи 13-мĕш çĕр кăмрăк шахтинче Пĕтĕм Францири ĕçлев конфедерацийĕн кандидачĕсемшĕн 93 процент сасăланă.

### ИОСИДА—ЯПОНИ ПРЕМЬЕР-МИНИСТРĔ

ТОКИО, мартăн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Киодо Цусин агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Япони парламенчĕн кĕçĕн палати паян Сигеру Иосидăна премьер-министр пулма суйланă. Вăл 204 сасă илнĕ, «прогрессивлă» парти лидерĕ Сигемицу 116 сасă илнĕ. Сасăлама пĕтĕмпе 397 депутат хутшăннă. 77 бюллетене тĕрĕс мар тесе йышăннă.

## Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, майăн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтернĕ: иртнĕ кун хушшинче Корея Халăх çарĕпе Китай халăх добровольцĕсен чаçĕсем Кахори районĕнче тăшмана хирĕç çапăçнă.

Ěнер çĕрле Америка самолечĕсем Хванхэ провинцийĕнчи Цзайрион таврашĕнчи ялсем çине тапăннă. Унта нимĕнле çар объекчĕсем те пулман. Мирлĕ халăха—старикесене, хĕрарăмсене, ачасене нумай вĕлерсе пĕтернĕ. Çавăн пекех пурăнмалли çуртсемпе землянкăсене нумай ишĕлтернĕ.

Халăх çарĕн зенитнăй чаçĕсем тата самолетсене хирĕç кĕрешекен салтаксем паян тăшманăн 3 самолетне персе ӳкернĕ, 2 самолетне сиенленĕ.

ПХЕНЬЯН, майăн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ майăн 20-мĕшĕнче çапла пĕлтернĕ:

Иртнĕ кун хушшинче Халăх çарĕн соединенийĕсемпе Китай халăх добровольцĕсен чаçĕсем пур фронтсенче те тăшмана хирĕç пĕчĕк çапăçусем иртернĕ.

Ěнер çĕрле Америка авиацийĕ Çурçĕр Пхенан провинцийĕнчи Енчон уездĕнчи ялсем çине тапăннă, 1.000 ытла бомба пăрахнă. Ку вырăнсенче нимĕнле çар объекчĕсем те пулман. Мирлĕ халăх хушшинче вилнисемпе аманнисем нумай, çавăн пекех тата çуртсем нумай ишĕлсе пĕтнĕ.

Халăх çарĕн зенитнăй чаçĕсем паян тăшманăн 2 самолетне персе ӳкернĕ.

## Корейăри перемири çинчен пыракан калаçусем

ПЕКИН, майăн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ Кэсонран Корейăпа Китай делегацийĕ пичетлесе кăларнă пĕлтерĕве парать. Пĕлтерӳре çапла каланă:

Майăн 19-мĕшĕнче тепĕр енĕн делегаци пуçлăхĕ хăйĕн çыхăну аслă офицерĕ урлă делегацисем тĕл пулассине тата тепĕр 5 куна кая хăварма, ларăва майăн 25-мĕшĕнче ирхине 11 сехетре пухмалла тума ыйтнă. Корейăпа Китай енĕн çыхăну аслă офицерĕ Корейăпа Китай делегацийĕн пуçлăхĕ генерал Нам Ир кăтартса пани тăрăх çакăн çинчен асăрхаттарнă: делегацисен ларăвне ĕнтĕ ахаль те виçĕ куна кая хăвармалла тунă. Корейăпа Китай енĕн шухăшĕпе, калаçусене çакăн пек тăсма кирлĕ мар. Анчах та сирĕн енĕ лару пухассине тата 5 куна кая хăварма ыйтать пулсан, тенĕ вăл, Корейăпа Китай делегацийĕ çакăнпа килĕшет.

## Паньмыньчжонри калаçусем пирки

НЬЮ-ЙОРК, майăн 20-мĕшĕ. (ТАСС). «Вашингтон пост» хаçат Корейăра перемири çинчен пыракан калаçусем пирки çапла çырать: «Корейăра перемири çинчен пыракан калаçусем вăхăтлăха чарăннă чухне, пирĕн политикăна палăртакан представительсен Америка позицине тепĕр хут пăхса тухмалла. Эпир хамăрăн хăшпĕр союзниксем хамăра шанса тăрассине çухатма пултаратпăр, мĕншĕн тесен вĕсен шучĕпе эпир калаçусенче хамăр килĕшменнине кăтартатпăр...

Премьер-министр Неру нумаях пулмасть коммунистсем тăратнă сĕнӳ, тĕпрен илсен, иртнĕ çулхи декабрь уйăхĕнче Генеральнăй Ассамблея йышăннă Инди резолюцийĕпе «питех те сывăх»тăрать тесе калани вăл—Америка позицине пĕр пĕччен критиклесе калани мар. Уинстон Черчилль хăйĕн сăмахĕнче иртнĕ эрнере çавăн çинчен тенĕ пекех каларĕ. Ытти çĕршывсем — Корейăра çар тытакан ООН членĕсем те çакăн пек шутлани çинчен пĕлтерчĕç.

...Мĕнле пулсан та, калаçусенче пирĕн çаврăнăçуллăрах пулмалла, çапла вара хамăрăн союзниксене те, китаецсене те эпир чăннипех мир тăвасшăн пулнине кăтартса памалла».

## Çурçĕрти государствăсен ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсен канашлăвĕ

КОПЕНГАГЕН, майăн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Хальхи вăхăтра Осло хулинче Швеци, Норвеги, Дани тата Исланди ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсен канашлăвĕ пырать. Исланди ячĕпе канашлăва унăн Ослори посланникĕ хутшăннă. Канашлура, «Берлингске тиденде» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, «пурне те интереслентерекен» тулашри политика ыйтăвĕсене сӳтсе яваççĕ.

ЛОНДОН, майăн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентстви Ослоран çапла пĕлтерет:

Швеци, Норвеги тата Дани ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсем хăйсем паян пĕрле пичетлесе кăларнă пĕлтерӳре çапла каланă: вĕсем аслă державăсен аслă представителĕсем пĕр-пĕринпе тĕл пулас тĕлĕшпе организациленĕ пур ĕçе те ырлаççĕ. Вĕсем çавăн пекех тата «Пĕрлешнĕ Нацисен Генеральнăй Ассамблейĕ иртнĕ çулхи кĕркунне ытларахăш сасăпа йышăннă Инди резолюцийĕ тăрăх» Корейăра перемири тума пуласса шанса тăни çинчен каланă.

Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсем Эстен Унден (Швеци), Хальвард Ланге (Норвеги), Оле Бьерн Крафт (Дани) тата Исландин Ослори посланникĕ черетлĕ ларура Скандинави политикипе тулашри политика çинчен тăракан ыйтусем тăрăх хăйсен шухăшĕсемпе паллашнă.

Пĕлтерӳре малалла çапла каланă: нумаях пулмасть ООН-ăн Европа тĕлĕшпе ĕçлекен Экономика комиссийĕн Женеврăра пулса иртнĕ сессийĕнче Хĕвелтухăçпа Хĕвеланăç хушшинчи суту-илĕве аталантарма кирли çинчен каланипе министрсем килĕшеççĕ.

Министрсем çавăн пекех тата тĕнчери ытти ыйтусене те (вăл шутра Корея ыйтăвне те) аслă державăсем пĕр-пĕринпе тачăрах çыхăну тытнипе тата калаçусем иртернипе, сăмахран, вĕсен ертсе пыракан представителĕсем хăйсем тĕл пулнипе татса пама май паракан мĕнпур ĕçсене хăйсем енчен пулăшса пыма хатĕр тăни çинчен пĕлтерме килĕшнĕ.

### БРАЗИЛИРЕ АПАТ-ÇИМĔÇ ХАКĔ ӲСЕТ

МОНТЕВИДЕО, майăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Иртнĕ çулхипе танлаштарсан, кăçал Бразилире апат-çимĕç хакĕ нумай ӳснĕ. 1953 çулхи январь уйăхĕнчен пуçласа апрель уйăхне çитиччен пĕр килограмм рис хакĕ 7 крузейроран 17 крузейрона, çу хакĕ—18 крузейроран 31 крузейрона, усламçу хакĕ—34 крузейроран 40 крузейрона çитнĕ.

## Мир Пакчĕшĕн!

ПЕКИН, майăн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентстви пĕлтернĕ тăрăх, хальхи вăхăтра Бирмăра пур çĕрте те массăллă митингсем пулса иртеççĕ. Митинга хутшăнакансем правительствăна пилĕк аслă держава хушшинче Мир Пакчĕ тăвас ĕçре пулăшма чĕнеççĕ. Çакăн пек митингсем Рангунра, Мандалайра, Моулмейнра тата Бирмăри ытти 22 хулара пулса иртнĕ.

Бирмăри мирĕ хӳтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен комитет майăн 13-мĕшĕнче премьер-министр У Ну патне çыру янă. Çак çырура халăхсен конгресĕ мире хӳтĕлеме чĕнсе каланине йышăнма ыйтнă.

## Бокс енĕпе Европăра мала тухассишĕн пыракан ăмăрту

ВАРШАВА, майăн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Варшавăра бокс енĕпе Европăра мала тухассишĕн пыракан ăмăрту малалла пынă.

Пĕрремĕш çурма çăмăл виçеллĕ боксерсен ăмăртăвĕнче Амбрус (Румыни)—Хансена (Норвеги), Дрогош (Польша)—Меднова (СССР) çĕнтернĕ.

Ван дер Кеере (Бельги) — Бестремпа (Финлянди) тĕл пулмалла пулнă. Финн боксерĕ пыман пирки Бельги боксерĕ çĕнтернĕ тесе шутламалла тунă.

Миллиген (Ирланди) — Векчиаттона (Итали), Шовлански (Югослави)—Витовеца (Чехословаки), Дайди (Франци)—Сардарьяна (Болгари), Шакач (Венгри)—Канделе (Хĕвеланăç Германи) çĕнтернĕ.

Иккĕмĕш çурма вăтам виçеллисен ăмăртăвĕнче Крочак (Чехословаки)—Каролие (Демократиллĕ Германи Республики), Линка (Румыни)—Крахнера (Австри), Хайдеман (Хĕвеланăç Германи) — Дэрие (Венгри) çĕнтернĕ.

ВАРШАВА, майăн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Ěнер каçхине ăмăрту малалла пынă. Иккĕмĕш çурма вăтам виçеллĕ боксерсенчен юлашкинчен Хихла (Польша) Руджиерипе (Итали) тĕл пулнă. Хихла çĕнтернĕ.

Кун хыççăн пĕрремĕш вăтам виçеллĕ боксерсен ăмăртăвĕ пуçланнă. Петшиковский (Польша)—Павлича (Югослави), Серôу (Румыни)—Цапле (Чехословаки), Маллен (Шотланди)—Георгиева (Бавари) çĕнтернĕ.

Çакăн хыççăн иккĕмĕш вăтам виçеллĕ боксерсем тĕл пулса ăмăртнă. Стрина (Итали)—Плахие (Венгри), Бертон (Англи)—Геца (Демократиллĕ Германи Республики), Лукьянов (СССР)—Скрузнăна (Австри), Коутный (Чехословаки)—Станкова (Болгари) çĕнтернĕ.

Ěнерхи кун ăмăрту çурма йывăр виçеллĕ боксерсем тĕл пулнипе вĕçленнĕ. Фирманн (Хĕвеланăç Германи)—Ди Персиона (Итали) çĕнтернĕ.

ВАРШАВА, майăн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Паян кăнтăрла чĕрĕк финаллă тĕлпулусем пулнă. Чи çăмăл виçеллĕ боксерсен ăмăртăвĕнче Спано (Итали)—Александрова (Болгари), Майдлех (Чехословаки) — Бюхнера (Демократиллĕ Германи Республики), Кеккер (Польша)—Базеле (Хĕвеланăç Германи), Булаков (СССР)—Каррие (Шотланди) çĕнтернĕ.

Çăмăл виçеллисен ăмăртăвĕнче Мандриану (Румыни)—Биднера (Австри), Стефанюк (Польша)—Хамалайнена (Финлянди), Степанов (СССР)—Николова (Болгари), Мак Нелли (Ирланди)—Смайлие (Шотланди) çĕнтернĕ.

Çурма çăмăл виçеллĕ боксерсен ăмăртăвĕнче Редли (Югослави)—Малезанова (Болгари), Засухин (СССР) — Льомана (Финлянди), Мелинг (Хĕвеланăç Германи)—Хорвата (Венгри), Кружа (Польша)—Гамияна (Франци) çĕнтернĕ.

*Юрă праçникĕ умĕн*

## Пирĕн юрă янратăр ялан

Г. Хирбю музыки. Сăмахĕсем Н. Васанкапа А. Эсхелĕн.

*Марш темпĕпе, хавасслăн*

Са-вăн-са юр-лат-пăр ха-лăх-па, ха-лăх-ра ни-кам çĕн-ми хă-ват Са-лам-лат-пăр ă-шă кă-мăл-па, сар-ла-ка та ас-лă çĕр-шы-ва. Ял-кăш-ать, çи-çет те-лей-лĕ çу-тă кун. Пу-ră-нат — пăр чи и-лем-лĕ ас-лă çĕр-шыв-ра. Ӳс, çĕр-шыв, хă-ват-лан! Пи-рĕн ю-рă ян-ра-тăр я-лан, ял-кăш || ю-рă ян-ра-тăр я-лан.

Савăнса юрлатпăр халăхпа,
Халăхра—никам çĕнми хăват.
Саламлатпăр ăшă кăмăлпа
Сарлака та аслă çĕршыва.

Хушса юрламалли:
Ялкăшать, çиçет
Телейлĕ, çутă кун.
Пурăнатпăр чи илемлĕ
Аслă çĕршывра.
Ӳс, çĕршыв, хăватлан,
Пирĕн юрă янратăр ялан!

Тумланаççĕ ешĕл капăр тум
Хамăр лартнă çамрăк вăрмансем.
Уй-хирте вылять хаваслă хум —
Çитĕнеççĕ тулăх тырпулсем.
Хушса юрламалли:

Парти хывнă ирĕклĕ çулпа
Пирĕн халăх малалла утать.
Çĕнтерӳллĕ паттăр юрăпа
Коммунизм кун-çулне саламлать
Хушса юрламалли:

## Канма каяççĕ

Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбинатĕнчи профсоюз комитетĕнче кашни кунах рабочисемпе работницăсем пулаççĕ. Вĕсем кунта Крымри е Кавказри курортсемпе санаторисене тата кану çурчĕсене кайма путевкăсем илеççĕ.

Кăçал профсоюз комитечĕ комбинатри рабочисен тата инженерсемпе техниксен сывлăхне çирĕплетме 193 пин тенкĕ уйăрнă. Çапла вара, кăçалхи çул комбинатри 375 çын курортсемпе санаторисенче пулаççĕ.

Рабочисен ачисен çуллахи канăвне иртерес тĕлĕшпе те кунта чылай ĕçсем туса иртернĕ. Пионер лагерĕ валли пысăк çурт тунă.

## Училищĕри библиотека

Патăрьелĕнчи И. Я. Яковлев ячĕпе тăракан педагогика училищинче пуян библиотека пур. Унта 30 пине яхăн кĕнеке. Кĕнекесен хисепĕ çулленех ӳссе пырать. Библиотека заведующийĕ А. Клычкова юлташ хăйĕн ĕçне юратать. Вăл вулакансене кирлĕ кĕнекесемпе журналсем яланах вăхăтра тупса парать.

Экзамена хатĕрленнĕ вăхăтра библиотека студентсене пысăк пулăшу парать. Вĕсем валли вуламалли зал пур. Унта вулама пыракансем яланах нумай.

Училищĕре час-часах вулакансен конференцийĕсем пулса иртеççĕ. Çак кунсенче «Комсомол совет литератури произведенийĕсенче» ятлă темăпа тата А. Артемьевăн «Хĕрлĕ Çăлтăр» повеçĕ тăрăх конференцисем пулса иртрĕç.

Л. ЛЯЛЬКИН.
И. МАТРОСОВ.

### КОЛХОЗ САЧĔ

Вăрнар районĕнчи Киров ячĕпе тăракан колхозăн пысăк сад пур. Иртнĕ çул колхоз сад пахчинчен 10 пин тенке яхăн тупăш илнĕ. Сад пахчине пысăклатма халĕ çĕнĕрен улма-çимĕç йывăççисем чылай лартса хăварнă.

### ПĔЛТЕРНИ

Майăн 22-мĕшĕнче, 19 сехетре, КПСС хула комитечĕн библиотека çуртĕнче пропагандистсемпе агитаторсем валли ССР Союзĕн тĕнчери лару-тăрăвĕ çинчен лекци пулать.

Лектор — истори наукисен кандидачĕ Г. И. Чавка.

* * *

Майăн 23-мĕшĕнче, 19 сехетре, партин хула комитечĕн библиотека çуртĕнче парти историне марксизм-ленинизм классикĕсен произведенийĕсем тăрăх пĕрремĕш тата иккĕмĕш çул вĕренмелли кружок руководителĕсен тата консультантсен семинарĕ пулать.

*„Коммунизм ялавĕн“ çитес номерĕ майăн 24-мĕшĕнче тухать.*

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

*ТЕАТР*

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ—майăн 22-мĕшĕпе 23-мĕшĕнче вырăсла спектакль «Вей, ветерок». Спектакльсем 20 сехет те 30 минутра пуçланаççĕ.

*КИНО*

«РОДИНА»—майăн 22-мĕшĕпе 23-мĕшĕнче пур сеанссенче те «Адмирал Ушаков». Сеанссем 12, 14, 16 сехетре, 18 сехет те 15 минутра, 20 тата 22 сехетре пуçланаççĕ.





## Филиппин халăхĕн паттăр кĕрешĕвĕ

Азин кăнтăр-хĕвелтухăç çыранĕ çывăхĕнче, вăрăм сăнчăр пек, утравсен пысăк ушкăнĕ тăсăлса выртать. Унта 7 пин утрав ытла шутланать. Çав утравсем çинче 20 миллион çын пурăнать. Çĕршыври халăхăн ытларах пайĕ ялхуçалăхĕнче ĕçлет. Промышленность начар аталаннă, вăл пуринчен ытла ялхуçалăх продукцинчен тĕрлĕ çимĕçсемпе япаласем туса тăрать.

Филиппин утравĕсем çинче тимĕр тăпри, çĕр кăмрăкĕ, нефть, пăхăр, марганец, ылтăн нумай. Тросник сахарĕ, сӳс, табак нумай тăваççĕ. Анчах çак пуянлăх халăх аллинче мар, монополистсен пĕчĕк ушкăнĕ, пуринчен ытла американецсен, аллинче тăрать, вĕсем çĕршывăн пĕтĕм хуçалăхне ярса илнĕ. Çавна пула, çĕршывăн çутçанталăк пуянлăхĕсем тăватă хут пысăкрах йышлă халăха лайăх пурнăçпа пурăнма çителĕклĕ пулин те, ĕççыннисем кунта ялан выçă, чухăн пурнăçпа тертленсе пурăнаççĕ,—терĕ Филиппин делегачĕ Мануэль Крус Миршĕн тăракан халăхсен конгресĕн трибуни çинчен.

Филиппин утравĕсем стратеги тĕлĕшĕнчен паха вырăнта тăни, вĕсен çутçанталăк пуянлăхĕ калама çук нумай пулни тата йӳнĕ ĕç вăйĕ пурри империалистла колонизаторсене тахçантанпах илĕртнĕ. Иртнĕ ĕмĕр вĕçĕнче Филиппин халăхĕ, восстани туса, виçĕ ĕмĕре пынă Испани пусмăрĕнчен ирĕке тухнă, хăйĕн çĕршывне никама пăхăнман республика тунă. Анчах Филиппин утравĕсене часах Пĕрлешӳллĕ Штатсем туртса илсе, хăйсен колонийĕ туса хунă.

1942 çулта Филиппин утравĕсене Япони империалисчĕсем оккупациленĕ. Филиппин утравĕсем çинчи буржуазипе помещиксем Япони захватчикĕсемпе килĕшсе тăрсе ĕçленĕ пулсан, халăхăн ытларах пайĕ, алла хĕçпăшал тытса, оккупантсене хирĕç тухнă. Наци ирĕклĕхĕшĕн пыракан кĕрешӳ çĕршыври патриотла вăйсене малалла пĕрлешме пулăшнă, çав вăйсем малтан та Америкăн колониллĕ пусмăрне тăтăклăнах хирĕç тăнă. Тĕнчери иккĕмĕш вăрçă пĕтнĕ хыççăн Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсен Филиппин утравĕсем çинче пуç пулса тăма çĕнĕ, чеерех май тупмалла пулнă. Капитализмăн пĕтĕмĕшле кризисĕ сивĕчленсе пынă условисенче, наци ирĕклĕхĕшĕн пыракан юхăм çав тери вăйланса кайнă лару-тăрура колониллĕ çарату политикин ĕлĕкхи формисемпе меслечĕсем юрăхлă пулман. 1946 çулта Филиппин утравĕсене «никама пăхăнманлăх» панă ятне тунă.

Паллах, Филиппин утравĕсем хăйне ирĕк çĕршыв пулса тăман. Политикăпа экономика енчен вĕсем ĕлĕкхи пекех США-на пăхăнса тăраççĕ. Çакна Америка пичечĕ хăй те йышăнать. Сăмахран, «Прогрессив» журнал нумаях пулмасть çапла çырчĕ: «Эпир Филиппин утравĕсем çинче пуçпулса тăнине чылай законсемпе çирĕплетсе, вĕсенчен чи палли «суту-илӳ законĕ» пулса тăрать», терĕ. Çак закон тăрăх Америкăри монополисем Филиппин утравĕсен пĕтĕм экономикине хăйсен аллинче тытма кăна мар, тата филиппинецсемпе «пĕр танах» çутçанталăк пуянлăхĕсемпе усă курма та право илнĕ. Çав вăхăтрах ку «закон» Филиппин таварĕсене США-на илсе пырассине чакарать. Çавна пула 1952 çулăн малтанхи çурринче Филиппин утравĕсем США-на тавар сутасси, 1951 çулхи çав вăхăтпа танлаштарсан, 27,2 процент чакнă, Америка 1952 çул вĕçĕнче, çулталăк пуçламăшĕнчипе танлаштарсан, икĕ хут ытларах тавар илсе пынă.

Филиппин утравĕсен суту-илӳ дефицичĕ 1952 çулта 147,7 миллион песо пулнă, çуррăхла каласан, бюджетăн тăватăмĕш пайĕнчен те иртсе кайнă. Филиппин утравĕсен президенчĕ Кирино нумаях пулмасть çапла каланă: «Филиппин продукцине США-на сутасси малалла та чакса пырсан, нациллĕ экономика арканса каять».

Çар килĕшĕвĕ Филиппин утравĕсене политика енчен США-на пăхăнтаракан тепĕр тан мар договор пулса тăрать. Çав килĕшӳ тăрăх США 99 çул хушши Филиппин утравĕсем çинчи стратегиллĕ тĕп пунктсенче çар, тинĕс тата авиаци базисем тума, вĕсенче пысăк çар тытма пултарать. Америкăра тухакан «Ньюс уик» ятлă журнал çырнă тăрăх, çакă вăл Америка империалисчĕсене «Филиппин правительствине политика енчен пăхăнтарса тăма май парать».

Икĕ пусмăр—Америка монополийĕсен тата хăйсен çĕршывĕнчи эксплуататорсен пусмăрне—тӳсекен Филиппин халăхĕ çав тери чухăн пурăнать. Рабочисен 90 процентĕ хăйсене тăранса пурăнмалăх та ĕç укçи илеймеççĕ. Çĕршывра ĕççĕр юлнисем тата вăхăтран вăхăта çеç ĕç тупакансем 4 миллион çын шутланаççĕ, çуррăхла каласан, кашни пиллĕкмĕш çын ĕç тупма пултараймасть.

Ялта пĕтĕм çĕр помещиксен аллинче тăрать, вĕсем ăна çав тери йывăр условипе хресченсене тара параççĕ. Калама çук йышлă батраксем, Америкăра тухакан «Пасифик афферс» журнал çырнă тăрăх, «чăннипех крепостнойсем вырăнче пурăнаççĕ».

Çĕрсĕр хресченсем темиçе миллион çын шутланни тата пуян çĕр хуçисен усă курмасăр выртакан çĕрсем калама çук нумай пулни (Филиппин утравĕсем çинче ялхуçалăхне юрăхлă 19 миллион гектар çĕртен 4,3 миллион гектар çинче çеç тырпул акса тăваççĕ) çĕршывра хирĕçӳсем çав тери сивĕчленсе çитнине кăтартса параççĕ. Çавăнпа та Япони оккупацийĕ вăхăтĕнче партизансен отрячĕсем чи малтан хресченсем хушшинче пулса кайничен нимĕн тĕлĕнмелли те çук. Çав вак отрядсенчен 1942 çулхи мартăн 29-мĕшĕнче Лусон утравĕ çинче Японие хирĕç кĕрешекен халăх çарĕ—Хукбалахап пулса кайнă, вăл Филиппин утравĕсене Япони захватчикĕсен пусмăрĕнчен ирĕке кăларас тĕлĕшпе пысăк ĕç тунă.

Вăрçă хыççăн Хукбалахапран Филиппинти халăхăн ирĕклĕх çарĕ—Хукбонг пулса кайнă, ăна чухăн хресченсем, ялхуçалăхĕнчи рабочисем тата промышленности пролетариат кăна мар, интеллигенципе хулари вак буржуази хушшинчи патриотла сийсем те пулăшса тăраççĕ. Халăх ирĕклĕхĕшĕн пыракан юхăма коммунистсен партийĕ ертсе пырать, вăл çĕршыври патриотла вăйсене ирĕклĕхшĕн, наципе ирĕке кăларассишĕн кĕрешме пĕтĕçтерет. Халăх хăй çарне апат-çимĕç парса тăрать, ун речĕсене ӳстерсе пырать. Филиппин утравĕсем çинчи правительство çарĕсен генеральнăй штабĕн начальникĕн заместителĕ пулнă Дюкуэ генерал, партизансемпе кĕрешме йывăр пулни çинчен каланă май, вĕсене «пулăшакансем нумай», тенĕ. Ку чăн ĕнтĕ, мĕншĕн тесен Хукбонг программи, çĕршыва ирĕке кăларма, халăх демократи стройĕн никĕсĕ çинче нацие малалла аталантарма палăртса, халăхăн çутă ĕмĕчĕпе килĕшсе тăрать.

Филиппин халăхне хăйĕн никама пăхăнманлăхĕпе ирĕклĕхĕшĕн йывăр условисенче кĕрешме тивет. Çĕршывра террор йĕрки, çав тери хаяр йĕрке тунă. Халăх ирĕклĕхĕшĕн кĕрешекен вăйсене кăмăллани кăшт палăрсанах карательсем ялĕялĕпе сунтарса яраççĕ, унта пурăнакансене персе вĕлереççĕ.

Анчах наци ирĕклĕхĕшĕн пыракан кĕрешӳ вут-хĕмĕ сӳнмест. Хукбонг çарĕ районĕ-районĕпе хăй аллинче тытса тăрать, унта халăх самоуправлени органĕсем тунă. Хăюллă патриотсем час-часах Филиппин утравĕсен столици — Манила хули патĕнче тата Америка çар базисен çывăхĕнче çапăçусем иртереççĕ.

«Филиппин партизанĕсем хăюллă пыра-пыра тапăнни,—тесе çырнă Гонконгра тухса тăракан «Фар истерн экономик ревью» ятлă буржуалла журнал,—халăх кăмăлне çĕклет тата правительство çарĕсене мораль тĕлĕшĕнчен сиенлĕ влияни парать».

Юлашки уйăхсенче Филиппинти халăхăн ирĕклĕх çарĕ çĕнĕрен ăнăçлă çапăçусем иртернĕ. Иртнĕ çулхи декабрь-январь уйăхĕсенче, пичет пĕлтернĕ тăрăх, Лусон утравĕ çинчи 24 провинцирен 14 провинцире Хукбонгпа правительство çарĕ хушшинче çапăçусем пулса иртнĕ. Мартăн 21-мĕшĕнче патриотсем Кесон провинцинче Баррио хулине илнĕ. Тепĕр кун, мартăн 22-мĕшĕнче, Хукбонг отрячĕ, правительство çарĕн гарнизонне çĕмĕрсе тăкса, Буэна Виста хулине пĕр вăхăт хăй аллинче тытса тăнă. Çав вăхăтрах Кавите, Лагуна, Пампанга тата ытти провинцисенче партизансем активлă кĕрешеççĕ. Март уйăхĕнче Филиппин утравĕсен правительство çарĕпе Хукбонг отрячĕсем 13 хут тĕл пулса çапăçнă.

«Хукбонг çарĕсем юлашки вăхăтра килĕ-киле тапăнни вĕсем пуçарăва хăйсен аллинче тытнине кăтартса парать»,—тесе çырнă «Манила таймс» хаçат.

Партин XIX-мĕш съездĕнче Центральнăй Комитет ĕçĕсем çинчен тунă отчетлă докладра Г. М. Маленков юлташ колонисемпе пăхăнса тăракан çĕршывсенчи халăхсем империалистла пусмăрçăсене хирĕç хăюллăрах та хăюллăрах кĕрешнине палăртрĕ. Филиппин халăхĕн паттăр кĕрешĕвĕ те колонисемпе пăхăнса тăракан çĕршывсенче наци ирĕклĕхĕшĕн пыракан юхăм вăйланнăçем вăйланнине кăтартса парать.

В. ХАРЬКОВ.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—6-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-04, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01134 Типография № 1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.